М. Горького

ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Май 9 ШĂМАТКУН № 91 (9000)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паян—Çĕнтерÿ Кунĕ.

Германи империализмне хирĕç пулнă Аслă Отечественнăй вăрçă эпир çĕнтерсе пĕтерниренпе сакăр çул çитрĕ. Чаплă çĕнтерÿ тунă совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене мухтав! Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине—пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен хавхалантараканĕпе организаторне мухтав!

## Çĕнтерÿ Кунĕ

Паян совет халăхĕ историри чаплă куна—гитлерла Германие çĕнтернĕренпе сакăр çул çитнине паллă тăвать. Çак куна пирĕнпе пĕрле пĕтĕм тĕнчери ырă шухăшлă çынсем савăнса палăртаççĕ.

1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă пирĕн государство тÿссе ирттернĕ вăрçăсенчен чи йывăрри пулчĕ. Çав вăрçăра вăйлă та хаяр тăшмана çĕнтерме пирĕн халăх калама çук пысăк вăй хучĕ. Тĕнчери империалистсем, Совет Союзĕпе фашистла Германи çарĕсем юн юхтарса çапăçнине курса, социализмла çĕршыв вăрçăра вăйсăрланĕ, тесе ĕмĕтленнĕ. Вĕсен хура ĕмĕчĕ пĕтĕмпех путланчĕ. Совет Çарĕ тăшмана хамăр çĕр çинчен хăваласа кăларчĕ, Европăри халăхсене фашизм пусмăрĕнчен хăтарчĕ, фашистла тискер кайăка хăйĕн йăвинче çапса аркатрĕ. Вара аслă Отечественнăй вăрçă совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем чаплă та пысăк çĕнтерÿ тунипе вĕçленчĕ.

Совет халăхĕ аслă çĕнтерÿ туни ăнсăртран пулман. Капитализмла йĕритавралăх пуррине яланах асра тытса, Коммунистсен партийĕ тĕнчери иккĕмĕш вăрçă пуçланиччен нумай малтан хамăр çĕршыва активлă оборонăна хатĕрлесе пычĕ. Сталинла пилĕкçуллăхсенче совет халăхĕ çĕршыва индустриализацилемелли, ялхуçалăхне коллективизацилемелли аслă политикăна пурнăçларĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв индустриллĕ-колхозлă хăватлă держава пулса тăчĕ. Çапла пирĕн çĕршыв тăшмана çапса аркатма мĕн кирлине пĕтĕмпех туса хатĕрлеме пултарчĕ. Çакă Аслă Отечественнăй вăрçăра çĕнтерÿ тумалли çирĕп никĕс пулчĕ.

Совет халăхне çĕнтерÿ çулĕпе аслă çулпуçăмăр, генилле полководец Сталин юлташ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пычĕç. Совет обществин çул кăтартса ертсе пыракан вăйĕ—Коммунистсен партийĕ халăха кĕрешĕве çĕклерĕ, пĕтĕм тĕнче историйĕнче чаплă çĕнтерÿ тума хавхалантарчĕ тата организацилерĕ.

«Совет халăхне ертсе тата çул кăтартса пыракан вăй,—тесе каланă И. В. Сталин 1943 çулта,—мирлĕ строительство çулĕсенчи пекех, вăрçă кунĕсенче те Ленин партийĕ, большевиксен партийĕ пулса тăрать. Пирĕн большевиксен партийĕн халăх хушшинчи авторитечĕ пек авторитет урăх нимĕнле партин те çук, пулман та. Ку ĕнтĕ ăнланмалла. Большевиксен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршыври рабочисемпе хресченсем тата интеллигенци хăйсем валли ирĕклĕх çĕнтерсе илчĕç, социализмла общество туса хучĕç. Отечественнăй вăрçă кунĕсенче парти пирĕн умма фашистла захватчиксене хирĕç пĕтĕм халăх кĕрешĕвне хавхалантарса тата организацилесе пыраканни пулса тухса тăчĕ. Партин организаторла ĕçĕ совет çыннисен мĕнпур вăйне пĕр çĕре пĕтĕçтерсе пĕр тĕллев патнелле ячĕ, хамăрăн мĕнпур вăйсемпе майсене тăшмана çапса аркатас ĕçе пăхăнтарчĕ. Вăрçă вăхăтĕнче парти халăхпа тата ытларах тăванланчĕ, ĕççыннисен анлă массисемпе тата таччăнрах çыхăнчĕ».

Парти ертсе пынипе совет çыннисем вăрçă хирĕсенче юмахри пек пысăк паттăрлăхпа хăюлăх кăтартрĕç, тылра та вăя шеллемесĕр ĕçлесе фронта, çĕршыва мĕн кирлине парса тăчĕç. Вăрçă çулĕсенче Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем аслă вырăс халăхĕ тавра пĕр тăван çемьене тата тачăрах пĕтĕçрĕç. Вăрçă йывăрлăхĕсем халăхсен туслăхне хавшатĕ тесе тăшмансем ĕмĕтленни пĕтсе ларчĕ. Пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕ пĕрмаях çирĕпленсе пырать. Çакă пире, вăрçăра тăшмана çĕнтерме май панă условисенчен пĕри пулнă пекех, вăрçă хыççăнхи мирлĕ строительствăра та çитĕнÿ хыççăн çитĕнÿ туса пыма пулăшать.

Вырăс халăхĕпе, Совет Союзĕнчи ытти мĕнпур халăхсемпе пĕрле, пирĕн чăваш халăхĕ те Аслă Отечественнăй вăрçăра тăшмана çĕнтерме пысăк вăй хучĕ. Чăваш салтакĕсемпе офицерĕсем нумайăшĕ вăрçăра паттăрлăх кăтартнăшăн орденсемпе медальсем илме тивĕçлĕ пулчĕç. Вĕсенчен чи паттăррисем Совет Союзĕн Геройĕ ятне илнĕ. Тылра вăя шеллемесĕр ĕçленисене те Правительство наградисене панă.

Совет халăхĕн хастарлăхĕ иксĕлми çăлкуç пекех. Ăна Ленин—Сталин идейисем, Тăван çĕршыв ирĕклĕхне пур тĕрлĕ тăшмансенчен те сыхласси, коммунизм строительствинчи задачăсем паттăр ĕçлеме хавхалантараççĕ. Совет халăхĕ вăрçă хыççăнхи вăхăтра хуçалăха юсаса малалла аталантарас ĕнепе пысăк çитĕнÿсем турĕ. Совет Союзĕн халăх хуçалăхĕ улăппла утăмпа малалла кайса пырать, çак никĕс çинче халăх пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланать, культура ÿссе пырать.

1952 çулта Совет Союзĕн промышленноçĕ, вăрçă умĕнхи 1940 çулхипе танлаштарсан, 2,3 хут нумайрах продукци туса кăларнă. Ялхуçалăхĕнчи ĕçченсем тунă çитĕнÿсем те питĕ пысăк. 1952 çулта пирĕн государство историйĕнче малтанхи хут 8 миллиард пăт тĕштырă пухса кĕртнĕ. Вăрçă хыççăн халăха куллен кирлĕ таварсене ваккăн сутмалли хаксене ултă хут йÿнетнĕ, çакна май халăх çĕршер миллиард тенкĕлĕх усă курнă.

Пирĕн халăх тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра çĕнтерни тĕнчери лару-тăрăва тĕпренех улăштарчĕ. Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери авторитечĕ пысăкланчĕ, демократипе социализм вăйĕсем ÿсрĕç. Европăпа Азири чылай çĕршывсем капитализм системинчен уйрăлчĕç, унти халăхсем капитализм сăнчăрĕсенчен хăтăлса, социализм тумалли çул çине тăчĕç. Çав çĕршывсенчи халăхсем иртнĕ çулсенче калама çук пысăк çитĕнÿсем турĕç.

ССР Союзĕнчи мирлĕ ĕçе пикеннĕ ĕççыннисем миршĕн, халăхсем туслă пурăнассишĕн тăраççĕ. Совет халăхĕн, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен тĕп интересĕсене палăртса, пирĕн Тăван çĕршыв пĕрмаях мир ĕçне хÿтĕлет, миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешекен хăватлă лагере ертсе пырать. Совет Союзĕн тулашри политики мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн, çĕнĕ вăрçă хатĕрленине пÿлсе лартассишĕн кĕрешмелли, тĕнчери халăхсем килĕштерсе ĕçлессине, мĕнпур çĕршывсем хушшинчи ĕçлĕ çыхăнусене сарса пымалли политика пулса тăрать.

Çав вăхăтрах Совет государстви вăрçă чĕртсе яма хăтланакан империалистсем мĕн тунине çивĕччĕн сăнать.

«Совет Союзĕ вăрçă чĕртекенсем юнанинчен хăрамасть, — тесе каларĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра.—Пирĕн халăхăн агрессорсене хирĕç кĕрешнĕ опыт пур, вĕсене çĕмĕрсе тăкасси уншăн хăнăхман ĕç мар. Вăл агрессорсене граждан вăрçи вăхăтĕнчех, Совет государстви çамрăк та вăйсăртарах пулнă чухнех, çĕмĕрсе тăкнă, вĕсене вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче çĕмĕрсе тăкнă, вĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине тапăнма хăяс пулсан, малашне те çĕмĕрсе тăкĕ».

Пирĕн совет обществи коммунизм патне малалла кайса пырассине чарма пултаракан вăй тĕнчере çук.

Коммунизм обществи тăвас тĕлĕшпе хĕрÿллĕ ĕçлесе, совет халăхĕ капитализмла йĕритавралăх çинчен те манмасть, Совет государствин оборона пултарулăхĕпе хăватне пĕрмаях ÿстерсе пырать. «Пирĕн чи таса тивĕç, — тесе каларĕ Г. М. Маленков юлташ,—Совет çĕршывĕн хăватлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать. Пирĕн вĕсене тăшман кирек мĕнле тапăннине те аркатса тăкмаллах пырса çапма хатĕр тытса тămалла».

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ социализмла Тăван çĕршывăн чиккисемпе государство интересĕсене сыхă хураллаççĕ. Çĕнтерÿ Кунне—гитлерла Германие çĕнтернĕренпе сакăр çул çитнĕ куна—паллă туса, совет халăхĕ пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем хăйĕн задачисене малашне те ăнăçлă пурнăçлассине çирĕп шанса тăрать.

Çĕнтерÿ Кунне совет çыннисем мирлĕ ĕçре пикенсе ĕçленипе паллă тăваççĕ. Иртнĕ вăхăтри паттăр ĕçсене асра тытни пире пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн хăватлă ĕçлеме вăй хушать. Фабрикăсемпе заводсенче, колхозсен хирĕсенче социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса пырар!

Совет Союзĕн паттăр Хĕçпăшаллă Вăйĕсене мухтав!

Сывă пултăр пирĕн тăван Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен хавхалантараканĕ тата организаторĕ!

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн ПРИКАЗĔ

*1953 çулхи майăн 9-мĕшĕ. № 53. Мускав хули.*

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсемпе адмиралсем!

Сакăр çул каялла Совет Союзĕн империализмла Германие хирĕç пынă Аслă Отечественнăй вăрçи эпир татăклă çĕнтернипе вĕçленчĕ. Пирĕн мухтавлă Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе тунă çак пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерĕве пула, совет халăхĕ тата унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн чысĕпе никама пăхăнманлăхне хÿтĕлесе хăварчĕç тата Европăри халăхсене фашизм чуралăхне кĕрсе ÿкесрен хăтарчĕç.

Çĕнтерÿ Кунĕ ячĕпе Армипе Флотăн личнăй составне саламласа сывлăх сунатăп.

Çĕнтерÿ Кунне паллă тăвас шутпа çапла ПРИКАЗ ПАРАТĂП:

Паян, майăн 9-мĕшĕнче, хамăрăн Тăван çĕршывăн столицинче — Мускавра, союзлă республикăсен столицисенче, çавăн пекех герой-хуласенче: Ленинградра, Сталинградра, Севастопольте тата Одессăра — артиллериренвăтăр хут харăс персе салют памалла.

Сывă пултăр пирĕн социализмла Тăван çĕршыв!

Сывă пулччăр паттăр совет халăхĕ тата унăн мухтавлă Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕ!

Хамăрăн Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн çапăçса вилнĕ геройсене ĕмĕр-ĕмĕр мухтав!

*ССР Союзĕн Оборона Министрĕ*
*Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.*

## Мускаври метро строительствинче

Мускаври метро строительствинче ĕçлекенсем метрополитенăн виççĕмĕш участокри тоннельсемпе станцисене тăвас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлеççĕ.

Пысăк магистраль текен участокра пурĕ те «Красноармейская» станципе «Киевская-кольцевая» станци хушшинче тоннель хывасси кăна юлнă. Çак тоннеле пĕр вăхăтрах виçĕ вырăнтан хывса пыраççĕ. 8-мĕш шахтăра ĕçлекенсем зоопарк патĕнчен Киев вокзалĕ еннелле тоннель тăваççĕ. Вĕсене хирĕç Дорогомиловски набережнăй патĕнчен 11-мĕш шахтăра ĕçлекенсем тоннель хываççĕ. Киев вокзалĕ патĕнчен Красная Пресня еннелле 5-мĕш шахтăра ĕçлекенсем çул хывса пыраççĕ.

8-мĕш шахтăра ĕçлеме мухтава тухнă Гаура, Ратников, Павлов бригадирсем пырса çитнĕ. Вĕсем май уйăхĕнче 100 метр тăршшĕнчен кая мар тоннель чавма йышăннă. Ратников юлташ ертсе пыракан метростроевецсем пĕр смена хушшинче 1 метр та 70 сантиметр тăршшĕ тоннель авăтнă. Ку вăл нормăна икĕ хута яхăн ирттерсе тултарни пулать. 5-мĕш шахтăри Майоров юлташ ертсе пыракан бригада лайăх ĕçлет. Бригада ялан икшер норма тултарать. Ытти коллективсем те лайăх ĕçлеççĕ.

Тоннельсем хывнипе пĕрлех, станцисене туса пĕтереççĕ. «Краснопресненская» станцинче ĕçлекенсен коллективĕн 3.000 тăваткал метра яхăн мрамор хумалла, 700 тăваткал метр ытларах гранитран урай сарса тухмалла. (ТАСС).

## Сĕт-çу промышленноçĕнчи çĕнĕ техника

Сĕт-çу промышленность предприятийĕсем çĕнĕ техникăпа пуянланса пыраççĕ. Халиччен çак предприятисенче ĕçлесе тăнă гидравлически прессем вырăнне, вĕçĕмсĕр ĕçлесе тăракан прессем лартаççĕ. Вĕсем çу тухăçлăхне ÿстереççĕ, унăн пахалăхне лайăхлатаççĕ, хăйне ларакан хакне йÿнетеççĕ.

Çĕнĕ йышши пневматикăлла установкăсемпе тата çĕр мамăкĕн вăррине нÿрĕ кĕртекен машинăсемпе ĕçлеме пуçланă хыççăн, чĕртавар усăсăр пĕтмелле мар тунă.

Çĕнĕ техника тăвас ĕçе рабочисем хăйсем йышлăн хутшăнаççĕ. Ферганари сĕт-çу комбинатĕнче ĕçлекен слесарь П. Коровин çĕр мамăкĕн вăррине тиемелли машина туса хатĕрленĕ. Армавир сĕт-çу заводĕнче ĕçлекен М. Прудковпа Е. Кленько хĕвелçаврăнăш вăррине чугун çул вагонĕсем çинчен пушатмалли агрегат хатĕрленĕ.

Юлашки çулсем хушшинче Карасура, Усть-лабара, Миллеровăра çĕнĕ техникăпа пуянланнă çу кăларакан предприятисем туса лартнă. (ТАСС).

## Çуракине ăнăçлăн ирттерессишĕн социализмла ăмăртăва анлăрах сарар!

### Механизаторсен ăмăртăвĕ

ПĂРАЧКАВ, (Телефонпа). Машинăпа-трактор станцийĕнчи механизаторсем тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Трактористсемпе ытти механизаторсем çураки ĕçĕсене кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа туса хăварассишĕн пыракан ăмăртура лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

МТС коллективĕ кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелемелли плана 120 процент тултарчĕ. Çурхи тырăсем акмалли, культиваци тумалли ĕçсен пысăкрах пайне пурнăçланă.

Механизаторсен социализмла ăмăртăвĕнче М. Страхов коммунист ертсе пыракан 12-мĕш трактор бригади малта пырать. Ку бригада çурхи ĕçсен заданине майăн 6-мĕшĕнче 51 процент тултарчĕ. Задани тăрăх бригадăн 300 гектар çинче çурхи тырăсем акса хăвармалла. Бригадăри механизаторсем хăйсем ĕçлекен колхозсенче 215 гектар тырă акрĕç. Çурхи суха тумалли, çĕртме вырăнĕсене сÿрелемелли ĕçсене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

9-мĕш бригадăри трактористсем В. Козловпа унăн сменщикĕ Обносов комсомолец «ДТ-54» тракторпа 324 гектар тырă акса пачĕç. Ку бригада суха тумалли, çĕртме сÿрелемелли плансене те тултарса пырать.

Завьялов тата Малофеев коммунистсем ертсе пыракан бригадăсем те лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Бригада членĕсем хăйсен примерĕпе ытти мĕнпур механизаторсене хавхалантарса пыраççĕ. Завьялов юлташ бригади кĕрхи тырăсен калчисене сÿрелемелли плана ирттерсе тултарчĕ. Бригадăри механизаторсем культиваци тумалли, акмалли задание те çитес кунсенчех пурнăçлаççĕ.

В. НЕКРАСОВА,
МТС аслă агрономĕ.

### Ĕçе хăвăртлатас пулать

ТĂВАЙ, майăн 7-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти колхозсенче вăйлă тырпулшăн ăмăрту вăйланса пырать. Колхозлă ял хресченĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынипе пĕрлех çурхи ĕçсене пысăк пахалăхпа туса хăварассишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ.

«Искра Ильича» ялхуçалăх артелĕн кăçал çурхи культурăсем 337 гектар акса хăвармалла. Артель членĕсем чылай культурăсене çак кунсенчех акса пĕтерсç çĕ. Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана колхоз майăн 7-мĕшĕ тĕлне ирттерсе тултарчĕ. План тăрăх 60 гектар çинче курăк вăрри акма палăртнă пулсан, хастарлă колхозниксем 60 гектартан ирттерсе курăк вăрри акса хăварчĕç. Кĕрхи тырăсен калчисене удобренисем сапса памалли план та тулса пырать.

«Красный Октябрь» колхоз членĕсем ăмăртура малта пыраççĕ. Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли задание кунта планран чылай ирттерсе тултарнă. План тăрăх кăçал 150 гектар çинчи кĕрхи тырăсен калчисене удобренисем сапса пама палăртнă пулсан, колхоз 223 гектар çинчи тырăсен калчине апат панă. Колхозниксем çак кунсенче çĕнĕрен 20 тонна пĕрчĕлетнĕ суперфосфат кÿрсе килчĕç. Çурхи тулăпа кантăр вăррине çав удобренипе хутăштарса акаççĕ.

Кунпа пĕрлех çакна палăртмалла: районти хăшпĕр колхозсен руководителĕсем ĕçе хăлĕ те сÿрĕккĕн ертсе пыраççĕ. Уйрăм колхозсенче ĕç планне пурнăçламаççĕ, агротехника правилисене пăсаççĕ. «Победа» колхоз çураки ĕçĕнче чăтма çук кая юлчĕ. Ку колхозăн план тăрăх 613 гектар çинче çурхи тырăсем акса хăвармалла. Анчах 16 гектар кăна акнă. Нумай çул ÿсекен курăксем акмалли, кĕрхи тырăсен калчисене сÿрелемелли заданисене çуррине те пурнăçламан. Пĕтĕмĕшпе илсен, колхоз çурхи ĕçсен планне 2 процент кăна тултарнă.

Çавăн пекех «Сталь», «Горьковская Коммуна», «25 лет Октября» тата ытти хăшпĕр колхозсенче те çураки ĕçĕсене тăсса пыраççĕ, агротехника кăтартăвĕсене пурнăçа кĕртме тăрăшмаççĕ.

Е. СВЕРЧКОВА.

### Çичçĕр центнершĕн

ВĂРНАР. Вăрманкасри Хрущев ячĕпе тăракан колхозра общественлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлеме ятарласа бригада организациленĕ. Бригадăна выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшĕнче 145 гектар çĕр çирĕплетсе панă. Бригадăра 83 çын ĕçлет.

Иртнĕ çулта бригада кашни гектартан 485 центнертан кая мар выльăх кăшманĕ туса илме пулнăччĕ. Агротехника мероприятийĕсене пурнăçласа пынипе бригада кашни гектартан 535-шер центнер выльăх кăшманĕ туса илме пултарчĕ.

Кăçал бригада членĕсем кашни гектартан 700-шер центнертан кая мар выльăх кăшманĕ туса илме обязательство илчĕç, хăйсемпе ăмăртса ĕçлеме «Гигант» тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсенчи выльăх апачĕ акса тăвакан бригадăсене социализмла ăмăртăва чĕнчĕç. Халĕ бригада выльăх апатне каякан культурăсене кĕске срокра тата лайăх акса хăварассишĕн тăрăшса ĕçлет. Паянхи куна бригада членĕсем выльăх кăшманĕ акса пĕтерчĕç, ытти культурăсене те паян-ыран акма тытăнаççĕ.

Н. МИХАЙЛОВ.



Çĕрпÿри ялхуçалăх техникумĕн 120 гектар çĕр пур. Кунта пур тĕрлĕ культурăсем те акса ÿстереççĕ. Тăхăр гектар çинче сад ĕрчетеççĕ. Техникумра вĕренекен студентсем вĕренÿ практикине çак хуçалăхра иртереççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: III-мĕш курсра вĕренекенсем Н. Ивановăпа Н. Еремеева садра ĕçлеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

### Тырă акса пĕтереççĕ

ÇĔМĔРЛЕ. Калинин ячĕпе тăракан колхозра МТС-ăн улттăмĕш трактор бригади (бригадирĕ Федотов юлташ) ĕçлет. Ку бригадăри çамрăк трактористсем Смирновпа Горячев юлташсем çуракине тухнăранпах хăйсен кулленхи нормисене ирттерсе тултараççĕ. Вĕсем иккĕшĕ талăкра 14 гектар вырăнне 15—18-шар гектар сухалаççĕ. Çамрăк трактористсен ĕçĕсене яланах аван хак парса йышăнаççĕ.

Лашапа сухалакан колхозниксем те ăмăртура ÿсĕмсем тăваççĕ. Иккĕмĕш бригадăри колхозниксем Шуркин, Малов, Ильин юлташсем кулленхи нормăна ирттерсе тултараççĕ. Сеяльщиксенчен уйрăмах Чимбиркинăпа Васина колхозницăсем тăрăшса ĕçленине палăртмалла.

Уйра ĕçлекен колхозниксем патĕнче агитаторсем час-часах пулаççĕ.

Ялхуçалăх артелĕн членĕсем тырă акса пĕтереççĕ. Вара пахча çимĕçсем лартма тытăнаççĕ.

А. АФАНАСЬЕВ.

### Юлса пынине пĕтермелле

КАНАШ, майăн 8-мĕшĕ. (Телефонпа). Район çураки ĕçĕсенче юлса пырать. Çурхи тырăсене пурĕ 13 пин гектар акмалла пулсан, икĕ эрне хушшинче 4 пин гектар кăна акнă. Ир акакан тĕштырăсене акса пĕтернĕ колхозсем районта çук-ха.

Нумай колхозсен руководителĕсем халĕ те çĕр чĕрĕ тесе лăпланса лараççĕ. Хучель ял Советĕнчи А. С. Пушкин ячĕпе тăракан колхоз çуракине апрелĕн 26-мĕшĕнче тухнă. Колхозăн кăçал 183 гектар çине çурхи тырăсем акмалла. Анчах кунта пĕрчĕллĕ культурăсене вăхăтра акса хăварассишĕн кĕрешни çук. Çурхи тулă 35 гектар акмалла пулсан, ăна халĕ пачах акман-ха. 104 гектар çине сĕлĕ акмалла, 16 гектар кăна акнă.

— Эпир акана тухнăранпа пĕр кун та туллин ĕçлемен, ятне кăна тунă. Мĕншĕн тесен пирĕн уйра çĕр чĕрĕ-ха, — терĕ колхоз председателĕ Ф. Григорьев юлташ.

Çакăн пек сиенлĕ шухăшпа ларса çураки ĕçĕсене япăх организацилесе пыракан колхоз председателĕсем районта татах пур. Кивĕ Шелттемри Сталин ячĕпе тăракан колхозра çурхи тырăсене 21 гектар кăна акнă. «Красный Октябрь», «Соревнование», Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче те çавнашкалах, çураки ĕçĕсене тивĕçлипех ертсе пыни курăнмасть.

Хăшпĕр колхозсенче агротехникăна пăсса ĕçленипе килĕшсе тăраççĕ. Тĕслĕхрен, каллех Пушкин ячĕпе тăракан колхоза илер. Кунта Трофимов трактористпа Максимов сеяльщик трактор сеялкине тĕрĕс ĕçлеттерме тăрăшманнипе пула ĕçре брак тунă. Вĕсем пăрçа вăрлăхне, ытти тырăсене акнă пекех, сеялкăн акакан аппаратне каялла çавăрттарса акнă. Пăрçа вăрлăхĕ сеялкăран ванса тухса пынă. Çапах та колхоз председателĕ Ф. Григорьев юлташ трактористсем акнă 13 гектарлă участока лайăх тесе йышăннă.

Чылай колхозсенче тракторсем юсавлă мар пирки ĕçлемесĕр тăраççĕ. МТС дирекцийĕ бригадăсене пулăшса тăрассине япăх йĕркеленĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозра пĕр трактор темиçе кун хушши ĕнтĕ ĕçлемесĕр ларать.

Районти ялхуçалăх пайĕ колхозсенчи çураки ĕçĕсене ертсе пырассине тивĕçлипе туса пымасть. Агрономсем, колхозсенче пулаççĕ пулсан та, çитменлĕхсене пĕтерме çителĕклĕ пулăшмаççĕ.

С. АСЛАН.

### Махорка лартма хатĕрленеççĕ

КАЛИНИНО. Жданов ячĕпе тăракан колхозра махорка акса тăвакан бригадăра 30 çын ĕçлет. Бригадăна пултарулла колхозник А. Трофимов юлташ ертсе пырать. Иртнĕ çулта бригада 10 гектар çинчен 167 центнер махорка туса илчĕ.

Çак культурăна кăçал 12 гектар çинче лартса тумалла. Бригада членĕсем кашни гектартан 7-шер центнер махорка туса илме социализмла обязательство илнĕ.

Махорка калчи ÿстермелли вырăн хатĕр. Йăрансем тунă. Калчана тăм ÿксе шăнтасран хÿтĕлеме улăмран матасем сыхса хунă.

М. МАТВЕЕВ.

## Радио кунĕ ячĕпе

### Союзсен çурчĕн Колоннăлла залĕнче пулнă савăнăçлă лару

Майăн 7-мĕшĕнче, Мускавра, Союзсен çурчĕн Колоннăлла залĕнче, Радио кунĕ ячĕпе савăнăçлă лару пулса иртнĕ. Ларура партипе совет организацийĕсен представителĕсем, СССР Культура министерствин, СССР Çыхăну министерствин, СССР Электростанцисемпе электропромышленность министерствин, радиотехникăпа электроçыхăну енĕпе ĕçлекен инженерсемпе техниксен Пĕтĕм Союзри А. С. Попов ячĕпе тăракан наукăлла обществин, Пĕтĕм Союзри çар, авиаци, флот ĕçне пулăшса тăракан ирĕклĕ общество работникĕсем пулнă.

Ларăва СССР Çыхăну министрĕ Н. Д. Псурцев юлташ уçнă.

Радио кунĕ çинчен СССР Культура министерствин радиоинформаци главнăй управлени начальникĕ А. А. Пузин доклад туса панă.

Лару хыççăн пысăк концерт пулнă.

(ТАСС).

# Совет халăхĕн аслă çĕнтерĕвĕ

**М. С. МАЛИНИН,**
*генерал-полковник.*

Майăн 9-мĕшĕнче совет халăхĕ пирĕн Тăван çĕршыв историйĕнчи чаплă куна—Çĕнтерӳ Кунне уявлать, гитлерла Германие çĕнтернине паллăртать. Сакăр çул каялла Совет Çарĕн паттăр воинĕсем Берлина илсе, рейхстаг çине Çĕнтерӳ ялавĕ çакнă. Гитлерла Германи халăхсен ирĕклĕхне никама пăхăнманлăхне пĕтерсе ларттассине хăратнă, истори аталанăвне каялла яма, Совет Союзне аркатса тăкма, пĕтĕм тĕнчипе пуçпулса тăма шутланă пулсан, унăн ирĕксĕрех пĕтĕмпех парăнма тивнĕ.

Гитлерла фашизма хирĕç пынă аслă кĕрешӳре совет халăхĕ тĕп йывăрлăха тӳссе ирттерчĕ. Совет çыннисем нихçанхинчен паттăр çапăçрĕç, хăйсен шухăш-кăмăлĕсен çирĕплĕхне, социализмла Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн хăйсене хĕрхенмесĕр çапăçма хатĕр пулнине кăтартрĕç. Вĕсем Европăри пусмăра лекнĕ халăхсене фашизм чуралăхĕнчен хăтăлма пулăшас тесе, вăрçă хыççăн халăхсем хушшинче çирĕп мир тата хăрушсăрлăх пултăр тесе çапăçрĕç. Фашистла нимĕç захватчикĕсене хирĕç кĕрешес ĕçре совет çыннисене аслă Ленинăн ялавĕ хавхалантарчĕ. Совет патриотизмĕн хăват парса тăракан вăйĕ совет çыннисен чĕрисене ăшăтса тăчĕ. Совет патриотизмĕ вĕсен çапăçури паттăрлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕн çăлкуçĕ пулчĕ.

Гитлерла Германие хирĕç пынă вăрçă, совет халăхĕн Аслă Отечественнăй вăрçи питех те йывăр вăрçă пулчĕ. Пирĕн Тăван çĕршывăн унччен те ют çĕршыв захватчикĕсене хирĕç вăрçма тивнĕ, анчах ку вăрçă пек йывăр вăрçă унччен нихçан та пулман. Пирĕн халăх, Коммунистсен аслă партийĕ, аслă çулпуçпа учитель Сталин юлташ ертсе пынипе, çав историллĕ тĕрĕслев витĕр чыслăн тухма, вăрçăра çĕнтерме пултарчĕ.

Гитлерла фашизма хирĕç пынă вăрçă Коммунистсен партийĕн политики тĕрĕс пулнине кăтартрĕ. Вăрçă советла государствăн общество стройĕн çирĕплĕхне, пирĕн нумай нациллĕ социализмла государствăн хăватне тĕрĕслени, совет халăхĕн материальнăй тата культурăлла мĕнпур вăйĕсене тĕрĕслесе пăхни пулчĕ.

Пирĕн мирлĕ ĕçпе пурăннă Тăван çĕршыв çине ултавлăн тапăнса, фашистла нимĕç захватчикĕсем, тĕнчери реакци хĕтĕртсе тăнипе, темиçе уйăх хушшинчех Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă вăйĕсене пĕтерме, пирĕн Совет Союзне аркатса тăкма шутланă. Гитлеровецсен тĕлсĕр стратегийĕ «çиçĕмлĕ вăрçă» планĕнче палăрса тăнă. Гитлеровецсем хăйсем темиçе хутчен вăйлăн пырса çапнă хыççăн Совет Çарĕ хирĕç тăма пăрахĕ, рабочисемпе хресченсем хушшинче хирĕçӳсем, Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинче харкашусем пуçланĕç, çаксем вара фашистла захватчиксене вăрçăра хăвăрт çĕнтерӳ тума, Октябрьти Социализмла революцин аслă çĕнтерĕвĕсене пĕтерсе хума, совет халăхне пусмăрлăха кĕртсе ӳкерме май парĕ, тесе шутланă.

Анчах нимĕç фашисчĕсем те, вĕсене вăрçă пуçарма хĕтĕртекенсем те питĕ пысăк йăнăш турĕç. Коммунистсен партийĕ чĕннипе совет çыннисем пурте, пĕр çын пек пулса, социализмла Тăван çĕршыва хӳтĕлеме çĕкленчĕç. Вăрçăри пысăк йывăрлăхсем совет халăхне тата тачăрах пĕтĕçтерчĕç. Пирĕн çĕршыв никам аркатайми пĕрлĕхлĕ лагерь пулса тăчĕ. Тăван çĕршыв чысĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешнĕ çĕрте халăхсен туслăхĕ татах та тĕреклĕнчĕ. Совет тылĕ фронта валли, тăшмана аркатма мĕн кирлине пĕтĕмпех парса тăчĕ, хăй нихçанхинчен те çирĕппех пулнине кăтартрĕ.

Совет Союзне тапăнма хатĕрленсе, гитлеровецсем Хĕвеланăç Европа тăрăх çĕнтерӳллĕ маршпа тухрĕç. Буржуалла çĕршывсенчи политикăлла деятельсемпе çар деятелĕсем нумайăшĕ фашистла тискер кайăка çапса аркатма пултаракан вăй çук тесе шутланă. Буржуалла пичетпе радио Гитлер çарне çĕнтерме çукки çинчен нумай шавланă, вăл ăнăçусем тусан, ăна хытă мухтанă. Анчах Совет Союзĕпе Германи хушшинчи вăрçă фронтĕнчи ĕçсем нимĕç захватчикĕсем хăйсен усал шухăшĕсене пурнăçлама пултарас çуккине кăтартса панă.

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем хамăрăн тăван çĕрĕн кашни утăмне çирĕп хӳтĕленĕ. Оборонăри хаяр çапăçусенче вĕсем тăшман салтакĕсене тата унăн çапăçу техникине нумай пĕтернĕ. Тăшман пирĕн çĕршыва шалалла кĕнĕ чухне çухатусем нумай тӳснĕ. Нимĕçсен чи лайăх дивизийĕсене аркатса тăкнă.

Мускав патĕнчи çапăçу нимĕçсен фашистла çарĕ тĕнчен иккĕмĕш вăрçинче малтанхи хут пысăк поражени тӳсни пулчĕ. Ку çапăçу Германи çарне никам та çĕнтерейместь тени суя юмах пулнине кăтартса пачĕ, Германин «çиçĕмле вăрçă» стратегине путлантарса лартрĕ. Мускав патĕнче нимĕçсен фашистла çарне аркатса тăкни Гитлер çарĕн çапăçу вăйне нумай хавшатрĕ. Мускав патĕнчи çапăçура тăшмана аркатса тăкса, совет командованийĕ хатĕрленĕ стратегилле плана ăнăçлă пурнăçланă.

Нимĕçсем сасартăк тата ултавлăн тапăннă пирки вĕсемшĕн вăрçăра çапăçмалли майсем малтан лайăхрах пулнă. Анчах вăрçăн малтанхи уйăхĕсенчех вĕсемшĕн лайăх майсене пĕтерсе хунă. Вăрçăра ултăлнусем пулассине сасартăк тапăннă пирки пулса тăнă вăхăтлăх факторсенчен мар, яланах хăйсен вăйне кăтартакан факторсенчен килнĕ, ку факторсем: тыл çирĕп пулни, çарăн моралле шухăш-кăмăлĕ, дивизисен хисепĕ тата вĕсен пахалăхĕ, çар мĕнле хĕçпăшалланни, çар командирĕсен организаторла пултарулăхĕ.

Советла социализмла государствăн яланах хăйсен вăйне кăтартакан факторсем империализмла Германинчен нумай вăйлăрах пулни палăрнă. Империализмла Германишĕн пусмăрлăха кĕрсе ӳкнĕ пĕтĕм Европа ĕçлесе тăнă, çапах та унăн вăрçă мĕнле пулса пырассине татса паракан факторĕсем вăйсăртарах пулнă. Çапла вара империализмла Германие пурпĕрех çĕнтересси малтанах палăрнă.

Пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем Верховнăй Командовани, генилле полководец Сталин юлташ лартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пычĕç. Пĕтĕм тĕнчери ырă шухăшлă çынсем пирĕн çар Одесса, Севастополь, Ленинград, Сталинград хулисене хӳтĕленĕ çĕрте питех те паттăр çапăçнипе, мухтава тивĕçлĕ çĕнтерӳсем тунипе нихçан та манас çук.

Сталинград патĕнчи питех те пысăк çапăçу нимĕçсен фашистла çарĕн кунçулĕ пĕтсе ларасси çывхарни пулса тăчĕ. Сталинград патĕнчи çапăçу хыççăн нимĕçсен çарĕ вăйсăрланса пычĕ. Сталинград патĕнчи çапăçу — аслă вăрçăсен историйĕнчи чи паллă çĕнтерӳ. Çак питех те пысăк çапăçура пирĕн халăхăн шухăш-кăмăлĕн чапĕпе хăвачĕ, унăн çирĕплĕхĕ, пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсен çапăçу хăвачĕ тăшман çарĕн хăватĕнчен пысăкрах пулни, пирĕн совет çар наукин пурне те çĕнтерсе пыракан вăйĕ нихçанхинчен те уççăнрах палăрчĕ.

1943 çулта çулла гитлеровецсем Орелпа Курск патĕнче наступлени тума хăтланчĕç. Вĕсем Орелпа Белгород хулисем патĕнчен тапăнса пирĕн Курск патĕнчи çарсене хупăрласа илме, пĕтерсе тăкма, унтан Мускав çине наступлени пуçлама шутланă. Гитлер çарĕсене Совет Çарĕ питĕ вăйлă çапса аркатрĕ. Курск патĕнчи çапăçу нимĕçсен фашистла çарне арканса пĕтсе ларасси патне çитерни пулчĕ.

1944 çулта, Верховнăй Командованин стратегилле планне пурнăçласа, пирĕн çар тăшмана вунă хут питĕ вăйлă çапса аркатрĕ, çапла вăйлă çапса аркатнипе нимĕçсен фашистла çарне пирĕн Тăван çĕршыв территорийĕнчен хăваласа кăларчĕ, вăрçă тăшман территорине куçрĕ.

Ăнăçлăн малалла кайса пырса, пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем Европăри халăхсене гитлерла пусмăрлăхран хăтарчĕç. Совет Çарĕ пусмăрти халăхсене ирĕке кăларас ĕçе чыслăн пурнăçларĕ. 1945 çулхи майăн 2-мĕшĕ тĕлне Совет Çарĕсем нимĕçсен Берлин патĕнчи çарĕсене пĕтĕмпех аркатса тăкрĕç, Германи столицине — Берлин хулине йышăнса илчĕç. Çак çĕнтерӳсене халăхсем ĕмĕр-ĕмĕр асăнса пурăнĕç. Çак çĕнтерӳсенчен кашниех пирĕн халăхăн çар ĕç историйĕнче ылттăн страница пулса юлать.

1945 çулхи майăн 8-мĕшĕнче Германи вăрçăра пĕтĕмпех парăнни çинчен акт çырса алă пусрĕç. Гитлер агрессийĕ çапла путланса ларчĕ.

Гитлерла Германие хирĕç вăрçнă çĕрте çĕнтернĕ хыççăн пирĕн Совет государстви, союзниксем умĕнче илнĕ обязательствăсене яланах çирĕп тытса пырса, империализмла Японие хирĕç вăрçă пуçларĕ. Пирĕн çарсем Маньчжурире хăвăрт малалла кайса Японин çарĕсене питĕ вăйлă çапса аркатрĕç. Çакна пула Япони хăвăрт парăнчĕ. Çапла вара вăрçă хăвăрт пĕтрĕ, мир тума май килчĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçăра пирĕн халăх историллĕ çĕнтерӳ турĕ. Çак çĕнтерӳ совет стройĕн никам та çĕнме пултарайман вăйне тепĕр хут пĕтĕм тĕнче умĕнче кăтартса пачĕ. Гитлерла Германие хирĕç пынă вăрçăра эпир тунă аслă çĕнтерӳ çакна пĕлтерет: пирĕн советла общество стройĕ çĕнтерчĕ, пирĕн советла государство стройĕ çĕнтерчĕ, пирĕн мухтава тивĕçлĕ Хĕçпăшаллă Вăйсем çĕнтерчĕç.

Вăрçă итогĕсем çакна кăтартса пачĕç: советла строй — мирлĕ строительствăна организацилемелли чи лайăх форма, çавăнпа пĕрлех вăл ют çĕршыв захватчикĕсене отпор пама совет халăхĕн мĕнпур вăйĕсене мобилизацилемелли чи лайăх форма пулса тăрать. Урăх çĕршывсенчи совет стройне хурлакан çынсем çавăн çинчен манмасан усăллă пулĕччĕ. Çав çынсен, чăнлăха хирĕç пырса, истори урокĕсене шута илмесĕр, хĕçпăшал хатĕрлесçĕ, пирĕн мире юратакан государствăна тапăнассине хăратма хăтланаççĕ.

Совет государстви вăрçăран тата хăватлăрах, тата тĕреклĕрех пулса тухрĕ. Вăрçă вăхăтĕнче аслă вырăс халăхĕ Советла Тăван çĕршыва чун-чĕререн юратнине кăтартрĕ. Пирĕн халăхсем аслă вырăс халăхĕ тавра тата тачăрах пĕрлешрĕç. Халăхсем пĕр-пĕринпе тăванла, туслă пурăнмалли, пур расăсемпе нацисем те пĕртан правалла пулмалли çинчен калакан совет идеологийĕ гитлеровецсен тискер национализмпа расăсем пĕр-пĕрне кураймасăр пурăнмалла тăвас идеологине çĕнтерчĕ.

Вăрçă пирĕн социализмла государствăна сыхлама тунă Хĕçпăшаллă Вăйсене нимĕнле çар та çĕнтерме пултарайманнине, Совет Союзĕн чи лайăх çар пуррине, пирĕн çарăн ку чухнехи хĕçпăшал, опытлă командирсем пуррине, унăн моральпе çапăçури пахалăхĕ танлаштарма çук малта тăнине тепĕр хут кăтартса пачĕ. Гитлерла çар машини Европăри тата Америкăри халăхсене питех те хытă хăратса тăнă пулсан, çав машинăна Совет Çарĕ аркатса тăкрĕ.

Совет халăхĕ вăрçăра çĕнтерчĕ. Çав çĕнтерĕве совет халăхĕ ăна кĕрешӳре Коммунистсен аслă партийĕ, халăхшăн тăракан парти, ертсе пынипе тума пултарчĕ. Вăрçă çулĕсенче Коммунистсен партийĕ пĕтĕм тĕнче умĕнче фашистла захватчиксене хирĕç пĕтĕм халăх кĕрешĕвне организацилекенĕ тата хавхалантаракане пулнипе палăрчĕ. Парти хăйĕн организацилле ĕçĕпе совет çыннисене пĕр тĕллеве пурнăçлама пĕтĕçтерчĕ, мĕнпур вăйсене тата хатĕрсене тăшмана аркатса тăкма пухрĕ. Вăрçă вăхăтĕнче партипе халăх хушшинчи тăванлăх тата ытларах çирĕпленчĕ, парти ĕçсыннисен анлă массисемпе тата тачăрах çыхăнчĕ.

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче чи аслă полководец Генералиссимус И. В. Сталин ертсе пынипе мухтава тивĕçлĕ çĕнтерӳсем турĕç. Аслă Сталин хăйĕн чи çывăх соратникĕсемпе пĕрле вăрçăри операцисене ертсе пычĕ, совет халăхĕн вăйĕсене тăшмана аркатса тăкма пухрĕ. Сталинла стратегилле плансем тăрăх, Сталин ертсе пынипе, Совет Çарĕ нимĕçсен фашистла çарне, гитлерла Германие çĕнтерчĕ, халăхсене мирлĕ пурнăç туса пачĕ.

Пирĕн çарăн мухтавлă çĕнтерĕвĕ Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Болгари, Албани халăхĕсене пусмăртан хăтăлма, хăйсен халăх демократилле государствисене туса хума, социализм тумалли çул çине тăма пулăшрĕ. Çав çĕнтерӳ аслă Китай халăхĕн гоминдан ушкăнне тата ют çĕршыв империалисчĕсене хирĕç кĕрешес ĕçне çăмăллатрĕ. Халĕ аслă Китай халăхĕ çĕнĕ пурнăç тăвас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлет.

Хăйĕн историлле аслă ĕçне пурнăçланă хыççăн Совет Союзĕ пĕтĕм тĕнчери çирĕп тата нумай вăхăта пыракан мир тăвассишĕн, халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн, çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе тăмалла тăвассишĕн яланах çине тăрса кĕрешет. Совет государствин тулашри мирлĕ политикине мĕнпур халăхсем ырлаççĕ, мĕншĕн тесен çак политика вĕсен чи çывăх интересĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать.

1953 çулта пирĕн Тăван çĕршыв Çĕнтерӳ кунне хăйĕн хăватлă вăйĕсем чечекленсе пынă вăхăтра уявлать. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçнĕ. Пирĕн социализмла Тăван çĕршыв мирлĕ те пултарулă ĕçпе пурăнать. Совет правительстви пур майсемпе те совет халăхĕн пурнăçне малалла лайăхлатса пыма тăрăшать.

Халăх шухăш-ĕмĕтне палăртса, Совет правительстви тулашри мирлĕ политикăна яланах çине тăрса пурнăçласа пырать, миршĕн тата халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăхшăн тимлĕ кĕрешет. Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче каланă сăмахсенче совет халăхĕ пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетессишĕн пулни çинчен каласа пачĕç. Совет правительстви халĕ мирлĕ майпа, интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕринпе каласса татăлнă тăрăх татса пама тата йĕркелеме май килмен ыйтусем çук, тесе шутлать.

Пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешнипе пĕрлех, совет çыннисем Совет государствин хăватне тĕреклетме вăя шеллесе тăмаççĕ. Вĕсем пирĕн мухтава тивĕçлĕ Хĕçпăшаллă Вăйсемшĕн тимлĕ тăрăшаççĕ. Коммунизмăн питех те чаплă суртне ăнăçлă туса пыракан совет халăхĕн мирлĕ ĕçне пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем шанчăклă хӳтĕлеççĕ.

# Вăл Берлина çитнĕ

Феодора Афанасьевна Гайкина Вăрмар районĕнчи Ыхраçырми ялĕнче çуралнă. Унăн ашшĕ чухăн пурăннă пулин те ачисене хутла вĕрентме тăрăшнă. 1928 çулта Ф. Гайкина Шупашкарта Совпартшкула вĕренме килнĕ. Çак шкултан вĕренсе тухнă хыççăн çамрăк комсомолка медицина работникĕ пулса халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе ĕçлеме ĕмĕтленнĕ. Вăл Шупашкарта уçăлнă фельдшер шкулне вĕренме кĕнĕ.

1941 çулхи июнĕн 22-мĕшĕ. Çав кун иркине Ф. Гайкина врачсемпе пĕрле чирлĕ çынсене пăхнă. Çак вăхăтра радио Тăван çĕршывăн хĕвеланăç чиккинче вăрçă пуçланни, Гитлер çарĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине тискеррĕн тапăнса кĕни çинчен пĕлтерчĕ. «Манăн вырăн фронтра пулмалла, ирсĕр тăшмана хирĕç çапăçакан воинсене çăмăллат» шухăшланă Ф. Гайкина.

Темиçе кунтан вăл хăй ирĕкĕпе фронта тухса кайнă. Çапăçăва санитари взвочĕн командирĕ пулса кĕнĕ.

Октябрĕн 15-мĕшĕ. Тăшман вăйлăн тапăнса пынă, хаяр çапăçу пуçланнă. Çак çапăçура Феодора аманнă салтаксене çĕклесе тухнă. Хĕрӳ çапăçу пынă вăхăтра полк командирне йывăр аманнă. Ф. Гайкина полковника çăлма васканă. Вăл унăн суранне çыхнă та çапăçу хирĕнчен илсе тухма пуçланă. Анчах çав самантра тăшман пули Ф. Гайкинăна лырса тивнĕ, аманнă...

Госпитальрен сывалса тухнă хыççăн Феодора Афанасьевна каллех фронта васкать. Санитари ротин командирĕ пулса аманнă салтаксемпе офицерсене сахал мар çăлать, вĕсен сывлăхĕшĕн ырми-канми кĕрешет. Çапăçу хирĕнче ăна хăйне те татах суранлатаççĕ. Хастарлă чăваш хĕрĕ йывăр çапăçу çулĕпе тăшман йăвине—Берлина пырса çитет. Çĕнтерӳ кунне унта кĕтсе илет. Çапăçусенче хăюллăхпа паттăрлăх кăтартнăшăн Ф. А. Гайкина юлташа икĕ хутчен Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ, «Çапăçури тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн» медаль тата темиçе медаль парса наградăланă.

1946 çулта Ф. А. Гайкина Çĕнтĕрвăррине таврăнать. Унтанпа вăл район больницинче медицина сестри пулса ĕçлет.

**В. КУДРЯШОВ.**





СУЛАХАЙ ЕНЧИ УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: **В. Н. Соболев юлташ.** Вăл Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче шофер пулса ĕçленĕ, фронт валли çар хатĕрĕсем турттарнă, Çĕнтерӳ кунне çывхартма пулăшнă. Унăн кăкăрĕ çинче икĕ Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕпе иккĕмĕш степенлĕ Отечественнăй вăрçă орденĕ. Вăл Шупашкарти автотранспорт кантурĕн шоферĕ. Лайăх ĕçлесе, вăл кашни кварталтах шоферсен ăмăртăвĕнче мала тухать.

СЫЛТАМ ЕНЧИ УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: **Г. Н. Нюнько юлташ.** Шупашкарти пир-авăр фабрикинче токарь пулса ĕçлет. Аслă Отечественнăй вăрçăра танкист пулнă. Вăрçă çулĕпе вăл Чехословаки столицине—Прагăна çитнĕ. Халĕ мирлĕ ĕçре сменăри задание куллен 300 процент ытла тултарать. Стахановла ĕçленĕшĕн фабрика дирекцийĕ ăна темиçе хутчен хисеплĕ грамота панă.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕсем.

# Миршĕн, халăхсен телейĕшĕн!

## Пирĕн землякисен—Совет Çарĕн воинĕсен çырăвĕсене пăхса тухни

Пирĕн редакцие Совет Çарĕн воинĕсенчен—пирĕн земляксенчен çырусем нумай килсе тăраççĕ. Хăйсен çырăвĕсенче вĕсем вĕренӳри ӳсĕмсем çинчен каласа параççĕ, совет çыннисен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçне çирĕп хураллани çинчен çырса пĕлтереççĕ.

Рядовой **П. Бурмистров** хăйĕн çырăвĕнче çапла çырать:

— Пирĕн чăсри салтаксем çар ĕçĕпе политикăлла вĕренӳре хăйсен пысăк пултарулăхне кăтартаççĕ. Канаш районĕнчи Вăрăмпуç ялĕнчен килнĕ Лазарь Семенов мĕнпур занятисенче лайăх паллăсем кăна илсе пырать. Çар ĕçне лайăх пĕлнĕшĕн, политикăлла вĕренӳре ыттисене пример кăтартнăшăн ăна 27 хутчен тав тунă.

Чурачăк районĕнче ӳснĕ И. Иванов та лайăх вĕренет. Ăна 21 хутчен тав тунă. Вăл вĕренӳре кая юлса пыракан юлташĕсене пулăшса пырать.

Нумаях пулмасть Иванов юлташ хăйĕн тăван ялĕнче отпускра пулчĕ. Отпускран таврăнсан хăйĕн юлташĕсене Чăваш республикин çитĕнĕвĕсем çинчен каласа пачĕ. Воинсем вăл каласа панине питĕ интересленсе итлерĕç, хăйсен боевой ăсталăхне тата ытларах ӳстерсе пыма сăмах пачĕç.

Чăвашсем физкультурăпа спорт енĕпе те пысăк ӳсĕмсем тăваççĕ. И. Федоровпа П. Петров юлташсем—паллă физкультурниксем. Вĕсем спорт ăмăртăвĕсене активлăн хутшăнаççĕ, лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

**В. Иванов** хăйĕн патриотла шухăш-туйăмĕсене, мирлĕ пурнăçа чунтан юратнине çак сăмахсемпе çырса кăтартнă:

— Эпир Чăваш республики мирлĕ ĕçре пысăк çитĕнӳсем туни çинчен хыпарсем илетпĕр. Ку пире, Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхĕшĕн тăракансене, чунтан савăнтарать. Эпир халăхăн телейне, унăн мирлĕ пурнăçне сыхлатпăр.

Америкăпа Англи империалисчĕсем виççĕмĕш çул ĕнтĕ Корейăра айăпсăр халăхăн юнне юхтараççĕ. Вĕсем пĕтĕм тĕнчене вăрçă вутне кĕртсе ӳкерме ĕмĕтленеççĕ. Анчах вĕсен сĕмсĕр ĕмĕчĕ пурнăçланмĕ. Мир вăрçа çĕнтерет!

Сĕмĕрле районĕнчи **П. Макаркин** Совет Çарне кайиччен колхозра тăрăшса ĕçленĕ, колхоз чысĕшĕн хăйĕн вăй-халне хĕрхенмен. Маленков ячĕпе тăракан яххуçалăх артельне выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тунă çитĕнӳсемшĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав панă. Макаркин юлташ колхозниксене татах хастартарах ĕçлеме чĕнет.

— Колхоз чысĕшĕн хытă тăрăр, çĕрĕç культурине ӳстерсе пырăр, Хĕрлĕ ялава аларан ан вĕçертĕр,—тесе çырать вăл.

— Нумаях пулмасть эпир «Советская Чувашия» ятлă кинофильм куртăмăр,—тесе çырать **А. Васильев** салтак.—Совет Çарĕн салтакĕсем çак кинофильма пысăк хаваслăхпа пăхрĕç. Республикăри чылай колхозсемпе промышленность предприятийĕсем тунă çитĕнӳсем пирĕн кăмăла çĕклеççĕ. Чăваш халăхĕ, Совет Союзĕнчи ытти халăхсемпе пĕрле, коммунизм çулĕпе хастарлăн утать.

Эпир, чăвашсем, хамăрăн çар пĕлĕвне кунтан-кун ӳстерсе пыма, мир ĕçĕшĕн тăма, совет çыннисен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçне сыхă хураллама тупа тăватпăр.

**Г. Николаев** матрос редакцие çапла çырать:

— Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн Тăван çĕршыв мирлĕ строительствăра чаплă çитĕнӳсем турĕ. Совет Союзĕн вăй-хăвачĕ, унăн экономики ӳссе пынине промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсене çĕнĕрен, черетпе улттăмĕш хут йӳнетни те питĕ уççăн кăтартса парать. Капитализмла çĕршывсенче вара ĕçсыннисен пурнăçĕ çултан-çул начарланса пырать.

Совет çĕршывĕнче пурăннипе эпир тем пекех телейлĕ. Эпĕ, Тинĕс-Çар флочĕн матросĕ, партипе юратнă Тăван çĕршыв умĕнче çакăн пек тупа тăватăп: çар техникине тата лайăхрах вĕренĕп, хамăрăн çĕршыва куç шăрçине сыхланă пек сыхлăп.

Комсомолец-морякăн çак сăмахĕсенче вăл Тăван çĕршыва чун-чĕререн юратни, унăн çулăмлă патриотизмĕ палăрса тăрать.

Совет Çарĕн воинĕ **А. Пудовкин** хăйĕн юлташĕсем—чăваш ачисем П. Смирнов, Г. Суриков, Ф. Матюшкин, Н. Ефремов, Т. Майков, С. Никонов комсомолецсем хăйсен çар пĕлĕвĕсене кунтан-кун ӳстерсе пыни çинчен, ытти салтаксене пример кăтартса пыни çинчен çырса пĕлтерет.

**В. Колсанов** матрос хавхаланса çапла çырать:

— Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçĕ тата лайăхрах та савăнăçлăрах пултăр тесе куллен тăрăшаççĕ. Пирĕншĕн тăрăшни çине ответлесе, эпир Тăван çĕршывăн тинĕсри чиккисене сыхă хураллама, çарпа политикăлла пĕлĕве çине тăрса ӳстерсе пыма сăмах паратпăр. Пирĕн халăх мирлĕ ĕçре ĕçлетĕр. Пирĕн аттесемпе аннесем, аппасемпе пиччесем, йăмăксем çĕнĕ вăрçă ан курччăр. Эпир вĕсен мирлĕ пурнăçне хӳтĕлетпĕр.

**Г. Степанов** чăваш спортсменĕсем—А. Игнатьев, Юрьева тата ытти физкультурниксем тунă рекордсемшĕн чунтан савăнни, чăваш спортсменĕсемпе мухтанни çинчен пĕлтерет, хăй те спорт ăсталăхне ӳстерсе пыни çинчен çырать.

— Республикăри пур çамрăксем те физкультурăпа спорт ĕçĕнче çитĕнӳсем тăвассишĕн тăрăшчăр. Спортсмен-разрядниксен, ГТО значкисчĕсен йышĕ ӳстĕр. Ку вăл тăван çĕршыв оборонине тĕреклетме пулăшĕ,—тет вăл хăйĕн çырăвĕнче.

**М. Петровпа В. Смильков** юлташсем те Тăван çĕршыва сыхă хураллани, хăйсен пĕлĕвне ӳстерсе пыни çинчен çыраççĕ.

Çак çырусен авторĕсем—Тăван çĕршывăн çулăмлă патриочĕсем. Вĕсене партипе комсомол, совет шкулĕ коммунизмла воспитани панă, социализм çĕршывне юратма вĕрентнĕ. Вĕсем Тăван çĕршыва малашне те сыхă хураллĕç, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн, совет çыннисен телейĕшĕн вăй-халне шеллемесĕр тăрăшĕç.

# Мирлĕ ĕçре

М. Кузнецов юлташ Совет Çарĕнче офицер пулнă. Ăна фронтра паттăрлăх кăтартнăшăн Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ тата чылай медальсем парса наградăланă. Халĕ вăл «Комбайн» колхоз председателĕн заместителĕ пулса ĕçлет. Вăл колхозри парти организацийĕн секретарĕ пулса, колхоз производствине аталантарас тĕлĕшпе сахал мар пахa ĕçсем тунă.

Фронтовик пулнă А. Семенов, Г. Петров, П. Семенов юлташсем уй-хир бригадирĕсем пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем ертсе пыракан бригадăсем тырпул тухăçлăхне çултан-çул ӳстерсе пыраççĕ. Кăçал вĕсем кашни гектартан вăтам шутпа 17 центнертан кая мар тĕштырă пухса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те фронтовик пулнă çынсем сахал мар. А. Григорьев—ферма заведующийĕ, А. Ильин—аслă конюх. Юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе вĕсем чылай пысăк çитĕнӳсем турĕç. Фермăсенче ĕçсене механизацилесе пыраççĕ. Кăçал фермăсене шыв парас ĕçе механизацилеме палăртнă.

И. Баранов, С. Львов хурт-хăмăр ăстаçисем, С. Федоровпа А. Заметалов кладовщиксем, И. Алексеевпа П. Васильев тракторисчĕсем, И. Трофимов колхоз тимĕрçи пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем пурте орденсемпе медальсем илме тивĕçлĕ пулнă фронтовиксем.

Вăрçăччен С. Федоров юлташ колхозра кладовщик пулса ĕçленĕ. Ăна ку ĕçренех салтака илнĕ. Нимĕç захватчикĕсем Совет çĕршывĕ çине тискеррĕн тапăнса кĕрсен, вăл Минск хули патĕнче малтанхи çапăçăва кĕнĕ. Ăна фронтра паттăрлăхпа хăюллăх кăтартнăшăн Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ, иккĕмĕш тата виççĕмĕш степеньлĕ «Мухтав орденĕсем», «Хăюллăхшăн» тата ытти медальсем парса наградăланă.

Хăюллă артиллерист Сергей Федоров Берлина çĕнтерӳпе çитнĕ.

— Гомель хулишĕн хаяр çапăçу пырать,—аса илет Федоров юлташ. — Ун чухне эпĕ тупă командирĕ пулнă. Эпир хамăр тупăсене Гомель сывăхĕнчи пĕр разъезд сывăхне вырнаçтартăмăр. Умра пысăк вăрман. Ку вăрман тавра нимĕçсен тĕп укрепленийĕсем пулнă. Вăрман патĕнче вырнаçнă нимĕçсене малалла кайма чарасси—пирĕн тĕп задача. Тăшман пирĕн çине йышлă танксемпе атакăларĕ. Хаяр çапăçу пуçланчĕ. Манран сулахай енче вырнаçнă тупă танк çине темиçе хутчен печĕ. Малта пыракан танк çунма пуçларĕ.

— Командир юлташ! Килеççĕ... перес!—ыйтрĕ наводчик.

— Тăван çĕршывшăн, аслă Сталиншăн! Огонь!

Çак командăна кĕтсе тăракан наводчик пĕрре персех малти танка тивертрĕ, Иккĕмĕш танк пире сулахай енчен çавăрса илме васкаса тепĕр еннелле çул тытрĕ.

Команда хыççăн команда. Хăлхара танк чăнкăртатни, снаряд çурăлни янтраса тăрать. Эпир пĕрне пĕри палламалла мар пулса кайрăмăр. Сасартăк манăн тупă пеме чарăнчĕ... Наводчик аманнă. Тăхтаса тăма юрамасть, эпĕ ун вырăнне тăрса, нимĕçсен танкĕ çине пеме тытăнтăм...

— Эпир çĕнтерӳçĕсем,—тет халĕ С. Федоров юлташ. — Фашистла ирсĕр тăшмана çапса аркатассишĕн нимĕн те хĕрхенмерĕмĕр. Халĕ эпир мирлĕ пурăнатпăр. Партипе правительство куллен пулăшнипе колхозниксен пурнăçĕ лайăхланса, культурăланса пырать. Малашне çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн ырми-канми ĕçлĕпĕр.

Колхоз правленийĕ С. Федоров юлташа çартан таврăнсанах кладовщик пулма уйăрса лартнă. Вăл хăйĕн ĕçне юратса туса пырать. Кунпа пĕрлех С. Федоров юлташ колхозри парторганизаци секретарĕн заместителĕ пулса ĕçлет.

Пилĕк хутчен Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ илме тивĕçлĕ пулнă гварди аслă сержанчĕ Егор Иванов аса илсе çапла калать:

— Эпĕ фронтра сапер пулнă. Тăван çĕршыва нимĕç захватчикĕсенчен тасатассишĕн пынă çапăçура Тула хулинчен пуçласа Берлина çити утнă. Çак аслă çул çинче эпĕ тăшман лартнă минăсене мĕн чухлĕ тасатнă-ши?

...1943 çул. Аслă Октябрь уявĕ умĕнхи кунсем. Тăшман Житомиртан Киев хулине каякан çул çине 40 мина ытла лартса тухнă. Пире взвод командирĕ чĕнсе илчĕ те, çул çинчи минăсене тасатма приказ пачĕ. Ун чухне эпĕ отделени командирĕ пулнă.

— Командир хушнине пурнăçласси пирĕншĕн таса тивĕç,—терĕм эпĕ взвод командирне.—Мирлĕ вăхăтра Октябрь уявне савăнса уявланă, халĕ хамăрăн задание тивĕçлĕн пурнăçланипе уявлатпăр!

Çул патне çитесси инçе юлмарĕ. Эпир пĕр сас-чĕвĕ кăлармасăр малалла шăватпăр. Пирĕнтен кашниех Октябрь уявĕ ячĕпе паттăрла ĕç тума ĕмĕтленет. Задание пурнăçламалли вырăна çитесси пĕр вунă утăм пек юлсан, тăшмансем пире асăрхарĕç пулас, пеме пуçларĕç. Эпир пĕр вăхăт хушши шăпланса выртрăмăр.

— Вилĕм е пурнăç!—терĕм эпĕ тăшман вут-хĕм тăкнине пăхмасăр, çула минăсенчен тасатма тытăнса. Ман хыççăн ытти салтаксем те ĕçлеме пуçларĕç.

— Çапла вара эпир вут-хĕм айĕнче задание чыслăн пурнăçларăмăр.

Çул уçă!

Çак ĕçшĕн мана Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕ памалла турĕç.

Ăçта кăна çитмен пулĕ хăюллă сапер, пур çĕрте те вăл çĕнтерӳпе мала тухнă. Ахальтен мар унăн кăкăрĕ çинче орденсемпе медальсем кĕвел шевли пек çиççе тăраççĕ. Халĕ вăл ялти пушар дружинин начальникĕ пулса ĕçлет. Ăна лайăх ĕçлесе пынăшăн темиçе хутчен те преми панă.

Кун пек çынсем колхозра вуншарăн шутланаççĕ. Вĕсем пурте мирлĕ ĕçре Тăван çĕршыва чечеклентерессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

**И. КУЗЬМИН.**

Канаш районĕ, «Комбайн» колхоз.



П. Е. Ермолаев Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче пĕрмаях фронтри госпитальсенче ĕçленĕ. Аста хирург нумай воинсен пурнăçне çăлса хăварнă. Вăрçă вăхăтĕнче пултарулăн ĕçленĕшĕн ăна икĕ орден, медальсем парса наградăланă. Вăрçă хыççăн республикăри главнăй онколог пулса ĕçлет. Вăл операцисем туса чирлĕ çынсене сыватать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: республикăри главнăй онколог тата онкодиспансерăн главнăй врачĕ П. Е. Ермолаев юлташ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# ДОСААФ организацийĕсен ĕçри ăнăçлăхĕ—парти ертсе пынинче

Аслă Сталин пире Совет Çарĕпе Тинĕс Çар Флотне вĕçĕмсĕр тĕреклетсе пыма, Тăван çĕршыв çине кирек мĕнле тăшман килсе тапăнасран та хамăрăн Хĕçпăшаллă Вăйсене яланах хатĕр тытма хушса хăварнă.

Совет çыннисем хамăрăн аслă учителĕмĕр хушса хăварнисене пĕр самантлăха та манмаççĕ. Вĕсем юратнă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне пур майсемпе те ÿстерсе пыраççĕ.

Совет çыннисен патриотла туйăмне яруççăн кăтартса паракан тĕслĕхсенчен пĕри вăл—Совет Çарĕпе Авиацине тата Флота пулăшса пыракан Пĕтĕм Союзри пĕрлĕ Обществăн—ДОСААФ ĕçне хастарлă хутшăнни тата, производствăра ĕçленĕ хушăрах, çар ĕçне вĕренме тăрăшни пулать.

Иртнĕ çулта пирĕн республикăри ДОСААФ организацийĕсем, парти организацийĕсем ертсе пынипе, çĕнĕрен ÿссе тĕрекленчĕç. Хальхи вăхăтра пур колхозсенче те пуçламăш организацисем пур. Вĕсем хушшинче хăйсен ĕçне тивĕçлипе туса пыракан организацисем сахал мар.

ДОСААФ организацийĕсен ĕçри ăнăçлăхĕ парти организацийĕсем куллен ертсе пынинчен килет. Вĕсем лайăх ертсе пынă çĕрте ĕççыннисем хушшинче оборонăпа спорт ĕçĕ чăннипех те çÿлĕ шайра тăрать. Членсен йышĕ те ÿссе пырать.

Чăвашсен педагогика институтĕнчи парторганизаци (секретарĕ Гришин юлташ) ДОСААФ организацийĕн ĕçне çирĕп ертсе пырать. Партбюро унăн ĕçĕ çинчен час-часах хăйĕн ларăвĕсенче сÿтсе явать. Ку организацире çар ĕçне тĕплĕн пĕлекен коммунистсем чылай. Студентсем телефонистсен, парашютист-укладчиксен, ПВХО, мотоминимум кружокĕсенче, мотоциклистсен курсĕнче вĕренеççĕ. Пăшалтан тĕл перекенсен команди пур. Йĕлтĕрçĕсен хулари ăмăртăвĕсенче институт командисем мала тухрĕç. Кăçалхи çулшăн член укçине кунта 90 процент ытла пухнă. Парти организацийĕпе институт дирекцийĕ пулăшнипе мотоцикл, пĕчĕк калибрлă винтовкăсем, телефон аппарачĕ тата кирлĕ кĕнекесем туяннă. Пуçламăш организаци кабинечĕ валли çителĕклĕ таран оборудовани хатĕрленĕ.

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхозра та çар ĕçне вĕренесси лайăх пулса пырать. Кунта тĕрлĕ кружоксем ĕçлеççĕ. Колхозри парторганизаци (секретарĕ Герасимов юлташ) пăшалтан тĕл пеме вĕренмелли тир тума тата тĕрлĕ пособисем туянма пулăшнă. Общество членĕсен хисепĕ ÿссе пырать.

Канаш районĕнчи «Красная Армия» колхозри ДОСААФ пуçламăш организацийĕ малтан начар ĕçлетчĕ. Унăн ĕçне йĕркелесе яма колхозри парторганизаци (секретарĕ Рыжова юлташ) пулăшрĕ. Çар ĕçне вĕрентесси мĕнле пынине парти пухăвĕнче пăхса тухнă. Ун хыççăн организаци икĕ хут ÿснĕ. Кунта халĕ автоминимум, парашютист-укладчиксен кружокĕсем ĕçлеççĕ, пăшалтан тĕл пеме вĕренеççĕ. Вĕренме кирлĕ кĕнекесем тата наглязнăй пособисем çителĕклĕ туяннă.

КПСС Канаш хула комитечĕ хăйĕн черетлĕ пленумĕнче хулари ĕççыннисене çар ĕçне вĕрентесси мĕнле пыни тата ăна лайăхлатмалли мерăсем çинчен сÿтсе явса питĕ тĕрĕс турĕ. Пленум хыççăн çав ыйтулах пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарне ирттернĕ. Тÿрех каламалла: партин хула комитечĕ ĕççыннисене çар ĕçне вĕрентесси çине тимлĕн пăхни хулара ĕçе лайăхлатма пулăшĕ тесе шанма пулать.

Анчах ДОСААФ ĕçĕн пĕлтерĕшне ертсе пыракан работниксем пурте ăнланса çитеймен-ха. Пирĕн хушăмăрта, çитĕнÿсемпе çырлахса, лăпланса ларма пăрахман работниксем те пур. Партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсене ертсе пыракан хăшпĕр юлташсем капитализмла йĕритавралăх пурри çинчен тата Тăван çĕршывăн вăй-хăватне пур майсемпе те тĕреклетсе пыма кирли çинчен манса каяççĕ.

Хăшпĕр руководительсем çапла шутлаççĕ:—тесе çырчĕ кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче «Правда» хаçат,—пирĕн çĕршыв миршĕн кĕрешет тата мир политикине тытса пырать. Пирĕн халăх хуçалăх планĕсене пурнăçлас ĕçре пысăк ÿсĕмсем туни куç умĕнче. Çакă ĕнтĕ, хăй черечĕпе, пирĕн çĕршывăн вăй-хăватне çирĕплетет. Апла пулсан, ССР Союзĕнчи граждансем хăйсен çар тĕлĕшĕнчи пĕлĕвĕсене ÿстерсе пырасси иккĕмĕш вырăнта тăракан ĕç имĕш тата çар ĕçне вĕренесси вĕсемпĕн обязательнăй йĕркепе тумалли ĕç те пулса тăмасть имĕш. Ĕç çине çапла пăхни политика тĕлĕшĕнчен тимсĕр пулма тата ырă кăмăллă пулса лăпланса ларма май парать, пирĕн халăхăн сыхлăхне чакарать.

Республикăри чылай предприятисемпе колхозсенче ДОСААФ ĕçĕ çав тери начар пынине çавăнпа ăнлантарса памалла та ĕнтĕ. Членсен йышне ÿстерес тата член укçи пухас тĕлĕшпе республика иртнĕ çулхи плана тултараймарĕ. Ĕççыннисене çар ĕçне вĕрентесси республикăра начар пырать.

Общество ĕçĕ уйрăмах Октябрьски, Чурачăк, Шăмăршă, Çĕмĕрле районĕсенче япăх, мĕншĕн тесен кунти ертсе пыракан работниксем ку ĕçе хакламаççĕ, ДОСААФ задачисем çинчен ĕççыннисене çителĕклĕ ăнлантарса памаççĕ. Çавăн пирки ку районсенче общество членĕсен йышне ÿстерес, член укçи пухас, массăсене çар ĕçне вĕрентес тĕлĕшпе юлса пыраççĕ.

Республикăра начар ĕçлекеннисенчен Канаш районĕнчи организацине палăртса хăвармалла. Районти оргкомитет председателĕ Евдокимов юлташ пĕтĕм ĕçе япăхтарса янă. Комитет членĕсем Глуховская, Федотов юлташсем нимĕн те тумаççĕ, комитет ларăвĕсене те çÿремесçĕ. Членсен хисепĕ тĕлĕшпе район республикăра чи кайри вырăнта тăрать. Коммунистсемпе комсомолецсенчен чылайăшĕ члена кĕмен. Çар ĕçне вĕренмелли кружоксем организацилемен. Член укçи пухмалли плана тултармаççĕ. Районти партипе совет тата комсомол организацийĕсем, çавăн пекех колхоз правленийĕсем те çар ĕçне вĕренме кирлĕ кĕнекесемпе пособисем туянма пулăшмаççĕ.

Çак районти Крупская ячĕпе тăракан колхозра 16 коммунистран виççĕшĕ кăна ДОСААФ членне кĕнĕ. Парторганизаци секретарĕ Алексеев юлташ хăй те члена кĕмен. Колхозниксене çар ĕçне вĕрентесси çинчен кунта йăлтах манса кайнă.

КПСС Канаш хула комитечĕн пленумĕнче вагонсем юсакан заводри парти комитечĕн секретарьне Колокольцев юлташа хытă критиклерĕç. Заводри çамрăксем çарпа спорт ĕçне вĕренме кăмăл тăваççĕ, анчах вĕсем валли кунта кирлĕ условисем туса паман.

Çар ĕçне вĕренессинче комсомол организацийĕсен пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Çар ĕçне вĕренессине йĕркелес, пăшалтан тĕл пеме вĕренмелли тирсем тăвас, кирлĕ оборудованипе кĕнекесем туянас тата спорт площадкисем туса хатĕрлес ĕçсене пурне те комсомолецсен пуçарса пымалла.

Комсомол организацийĕсене ертсе пыракансем çакна пурте ăнланса илмен. Кашни комсомолеца ДОСААФ членне кĕртсе, ăна çар специальноçĕ парас задачăна комсомол организацийĕсем халĕ те тивĕçлипе пурнăçласа пымаççĕ. Парти организацийĕсен çамрăксене çар ĕçне вĕрентессине йĕркелесе яма комсомол организацийĕсене куллен пулăшса пымалла.

Спорт ĕçне анлăн сарса ямалли сезон пуçланчĕ. Партипе совет организацийĕсен оборонăпа спорт организацийĕсене çуллахи сезона ăнăçлă ирттерме кирлĕ ĕçсене тума пулăшмалла. Çуллахи вăхăтра Совет çĕршывăн оборона хăватне тĕреклетме пулăшакан спорт вăййисене анлăн ирттермелле. Шывра ишме вĕрентес тĕлĕшпе Атăлпа Сăрă çинче кăна мар, колхозри пĕвесенче те шыва кĕмелли вырăнсем, шыва сикме вĕренмелли вышкăсем тумалла.

ДОСААФ ĕçĕ ăнăçлă пуласси кадрсенчен, вĕсен пĕлĕвĕ, опычĕ тата пуçарулăхĕ пысăк пулнинчен те нумай килет. Анчах работниксем суйласа илесси пирĕн республикăра чăтма çук начар пырать. Чи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл—работниксем час-часах улшăнса тăни. Хăшпĕр районсенче оргкомитет председателĕсене пĕр сăлтавсăрах урăх ĕçе куçараççĕ. Акă, Кувакино райсовет исполкомĕ оргкомитет председательне Сытов юлташа тивĕçлĕ сăлтавсăрах хăйĕн ĕçĕнчен хăтарчĕ. КПСС Ишлей райкомĕ оргкомитет председательне Ростовцев юлташа нумай вăхăтлăха командировкăсене ярать.

ДОСААФ организацийĕнче ĕçлеме пĕлекен тата çак ĕçе юратакан çынсене суйласа илмелле, вĕсене воспитани пама оргкомитетсене пулăшмалла. Çакă вăл парти организацийĕсен тивĕçĕ пулса тăрать.

**П. ТРОФИМОВ,**
**Чăваш АССР-чи ДОСААФ оргкомитечĕн председателĕ.**

# Хаçатсен страницисем тăрăх

## КОЛХОЗЛА ЯЛ ТАТАХ ИЛЕМЛЕНТĔР

Колхозсем пĕрмай аталанса, ÿссе пыни пирĕн ялсен культурăлла сăн-сăпачĕ улшăннинче те лайăх палăрать. Ялсенчи шкулсене, больницăсене, ача-пăча учрежденийĕсене, вулав çуртĕсемпе клубсене, библиотекăсене тата ытти обществăлла çуртсене çĕнĕрен тума тата вĕсене юсама, колхозлă ялсене илемлетме государство бюджетĕнчен тата вырăнти бюджетсенчен укçа-тенкĕ сахал мар каять.

Анчах çак ĕçĕн ăнăçлăхĕ, чи малтан, вырăнти Советсен пуçарулăхĕнчен нумай килет. Чкаловски районĕнчи «Авангард» хаçат хăйĕн умстатьинче ку енĕпе çултан-çул лайăх ĕçлекен Анат Туçа ял Совечĕн ĕçĕпе паллаштарать. Кунта кăçал та, çурхи кунсем çитсенех, строительство ĕçĕсем анлăн сарăлнă. Ялта тирпейлĕ те таса. Пĕчĕк кĕперсене юсанă, çăлсене, çулсене йĕркене кĕртнĕ. Сырма-çатрасен хĕррисене, колхозниксен çуртĕсем умне илем кÿрекен йывăçсем лартаççĕ. Ялта çĕнĕ клуб, обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕрсем тунă.

Хаçат ку ĕçре районта пысăк çитменлĕхсем пуррине те палăртать. Район центрĕнче — Патăрьелĕнче — предприятисемпе учрежденисен тавралĕнче çÿп-çап куписем выртаççĕ, лартнă йывăççене кунта начар сыхлаççĕ.

**«Ялти тасалăхшăн, тирпейлĕхшĕн кĕрешес ĕç халĕ ял Совечĕсем умне пысăккăн тухса тăрать,—тесе çырать хаçат.— Колхозлă ялсене çĕнетсе илемлĕ сăнар кĕртесси пĕтĕм халăх ĕçĕ пулса тăрать. Çавăнпа та колхозлă ял çыннисем урамсемпе площадьсене, сад пахчисене, пĕвесемпе çырансен хĕррисене йывăççем лартас ĕçсене активлăн хутшăнма тивĕçлĕ».**

Районти хаçатсен район центрĕсене, ялсене илемлетсе çĕнетес ыйтăва анлăнрах çутатма тăрăшмалла, тирпейсĕрлĕхе хирĕç çине тăрса кĕрешмелле.

## СТЕНА ХАÇАЧĔ КАШНИ КУН ТУХАТЬ

Партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырасшĕн кĕрешес ĕçре стена хаçачĕсен пĕлтерĕшĕ калама çук ÿсрĕ. Çурхи уй-хир ĕçĕсем пуçланнă май республикăри чылай колхозсенче стена хаçачĕсемпе «боевой листоксем» кăларса тăрас ĕç лайăхланчĕ.

Хрущев ячĕпе тăракан колхозри парторганизаципе колхоз правленийĕ тата комсомол организацийĕ «Коммунизм çулĕпе» ятлă стена хаçачĕ кăлараççĕ. Вăл халĕ кашни кун тухса тăни çинчен Вăрнар районĕнчи «Социализм çулĕпе» хаçат И. Степанов юлташăн статьине пичетлерĕ. Вăл унта çапла çырать:

**«Колхозри коммунистсен уçă пухăвĕнче стена хаçатне çурхи уй-хир ĕçĕсем пуçланнă вăхăтран тытăнса тырпул пухса кĕртес ĕçсем вĕçлениччен кашни кун кăларса тăма йышăннă. Ку енĕпе «Коммунизм çулĕпе» стена хаçат редколлегийĕн пысăк опыт пур».**

Хаçата кăларма çăмăлрах пултăр тесе, кунта редколлеги членĕсене виçĕ ушкăна уйăрнă. Вĕсем хаçата черетпе кăларса тăраççĕ. Сменăпа ĕçлекен кашни ушкăн виçĕ кунта пĕр номер кăларать.

Хаçат редакторĕ пулса ялти клуб заведующийĕ П. Кошкин юлташ ĕçлет. Кашни номертех 15—20 заметка таран вырнаçтараççĕ, унсăр пуçне фотоÿкерчĕксемпе карикатурăсем те пур. Колхозниксем хăйсен хаçатне юратса вулаççĕ, унта нумайăшĕ çырса тăраççĕ.

## КАШНИ АМАРАН 22 ÇУРА

Муркаш районĕнчи «Колхозник сасси» хаçат «Сталинец» колхозри сысна пăхакан З. Юнусова юлташ хăйĕн ĕçĕ çинчен каласа панине тата унăн сăнÿкерчĕкне пичетлет.

Иртнĕ çулта вăл 10 амаран 215 çура илсе пăхса ÿстернĕ, ĕçкунĕ нумай тунă. Лайăх ĕçленĕшĕн ăна колхоз правленийĕ 15 сысна çури памалла тунă. Вăл кăçал кашни амаран 22-шер çура илсе ÿстерессишĕн кĕрешет.

Паллă свинарка çапла каласа парать:

**«Эпĕ сыснасене пăхса усрас ĕçре зоотехникăпа ветеринари правилисене тимлĕн пурнăçласа пытăм. Амасене вăхăтра чуптарса хăварнă, вĕсене тĕрĕс пăхма, çурисене лайăх йышăнма тăрăшрăм. Кашни ама иншер хут çурларĕ, «Байкал» ама вара виçĕ хутчен çурларĕ. Икĕ хут чуптарнă амасен çурисем лайăх та хăвăрт ÿсрĕç. Икĕ уйăхри çурасен чĕрĕ виçи вăтам шутпа 18 килограма çитрĕ».**

Юнусова юлташ сыснасене ĕрчетес ĕçре вĕсене тĕрĕс тăрантарни пысăк вырăн йышăннине палăртать. Çура тумалли амасене вăл талăкра виçшер çитерет. Сĕтеклĕ апатпа пĕрлех концентратсем, минераллă апатсем (пурă, йывăç кăмрăкĕ тата тăвар) парать, ăшă шывпа шăварать. Сыснасене кашни кун ферма картишне кăларса уçăлтарать.

Сысна амисене çурлас умĕн тата çурланă хыççăн мĕнле пăхни çинчен те тĕплĕн каласа панă. Çуллахи вăхăтра çурасене мĕнле пăхни çинчен каласа парса, вăл çапла çырать:

**«Эпир çуллахи вăхăтра çурасене амăшĕпе пĕрле пăхатпăр. Вĕсене кĕтÿре çÿретес ĕçе лайăх йĕркелеме тăрăшатпăр. Вĕсене симĕс курăн çулса паратпăр. Икĕ уйăх иртсен çурасене амăшĕнчен уйăратпăр».**

Юнусова юлташ пур çурасене те тĕрĕс-тĕкел пăхса усрать, иртнĕ çул пĕри те вилмен. Ку ĕçре ăна çĕршыври паллă свинаркăсен опычĕ лайăх пулăшса тăрать.

# Лекторсен ушкăнĕн ĕçне вăйлатмалла

ОКТЯБРЬСКИ. Кунта Пĕтĕм Союзри политикăпа наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕçлекен общество членĕсен районти уйрăмĕн отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Обществăн икĕ çулхи ĕçĕсем çинчен правлени председателĕ, обществăн действительнăй членĕ М. И. Иванова юлташ доклад туса пачĕ. Районти общество 10 действительнăй члена тата член-соревновательсене 16 çынна пĕрлештерсе тăрать. Вĕсем хушшинче çурри ытла учительсем, ялхуçалăх специалисчĕсемпе медицина работникĕсем пĕр çын та çук. Калас пулать, районта ялхуçалăх специалисчĕсемпе медицина работникĕсем хушшинче нумай вĕреннĕ, ĕçре пуян опыт пухнă работниксем сахал мар. Пуху общество членĕсен йышĕ çителĕксĕр ÿссе пынине палăртрĕ.

Общество организациленĕренпе районти ялсенче, райцентрта, çавăн пекех тĕрлĕ предприятисемпе учрежденисенче докладсемпе лекцисем туса ирттерес ĕç палăрмаллах лайăхланнă. Общество членĕсем лекцилле пропаганда ĕçне активлă хутшăнаççĕ. Сăмахран, Астров учитель 47 лекци, Н. Иванова 19 лекци, В. Захарова 17 лекци вуласа панă. Клюковпа Петров юлташсем те халăх хушшинче сахал мар лекцисем ирттернĕ. Вĕсем юлашки вăхăтра ĕçе уйрăммăнах активлăн хутшăнма пуçларĕç.

Общество ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем те пур-ха. Нумай чухне лекцисене путевкăсăр ирттереççĕ. Пуху малашне общество членĕсем вулакан пур лекцисене те правлени панă путевкăсем тăрăх ирттерме кирлине палăртса хăварчĕ.

Пуху обществăн районти уйрăмĕн правленине суйласа хăварчĕ.

**А. ОДИНЦОВ.**

## Выляв укçи илеççĕ

Республикăри ĕççыннисем государство заемĕсем тăрăх çулсеренех выляв укçи нумай илеççĕ. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта республикăри перекет кассисем заем облигацийĕсем тытакан ĕççыннисене 7 миллион тенкĕ ытла выляв укçи тÿленĕ.

Çавăн пекех перекет кассисем пĕччен пурăнакан тата нумай ачаллă ача амăшĕсене 8 миллион та 208 пин тенкĕ пособи укçи панă.

*Редакцие килнĕ çыру*

# Çамрăк рабочисене воспитани парасси çинчен

Пирĕн комбинатра рабочисене техминимума вĕрентеççĕ. Малта пыракансен опычĕпе меслетне сарма стахановла шкулсем организациленĕ. Чылай рабочисем иккĕмĕш профессие вĕренеççĕ. Кадрсене вĕрентме курссем тата кружоксем тăваççĕ.

Дирекци тата цех руководителĕсем курссемпе кружоксенче тата шкулсенче вĕрентме чи лайăх мастерсене, инженерсемпе техниксене уйăраççĕ. Вуншар стахановецсем тулли кăмăлпа хăйсен опычĕпе паллаштараççĕ, юлса пыракан рабочисене тухăçлă ĕçлеме вĕрентеççĕ.

Техникăна ĕçленĕ çĕрте вĕренме çăмăлрах. Мастер е бригадир рабочисене станокпа, технологи процесĕпе, чертежсемпе паллаштарни, уйрăм операцисене тĕрĕс пурнăçлама кăтартса пани, çитменлĕхсене палăртни — çаксем вĕсем техникăна хăвăрт алла илме пулăшакан тĕп меслетсенчен пĕрисем пулаççĕ. Анчах рабочисене станоксемпе паллашни çеç çырлахтармасть, вĕсем теорилле ыйтусемпе хытă интересленеççĕ. Çавăнпа та техника ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе каласусем тăтăшах ирттерес пулать. Теорилле занятисем ирттерме ятарласа пÿлĕмсем, наглязнăй пособисем уйăрмалла.

Хисеп енчен илсен, пирĕн комбинат рабочисем вĕрентсе хатĕрлемелли тата кадрсен ăсталăхне ÿстермелли задание ăнăçлă пурнăçласа пырать. Халĕ станочник, столяр, слесарь тата контролер пулма 166 çын вĕренет. Совет Çарĕнчен нумаях пулмасть таврăннă В. Никитин, Н. Боронин, В. Тяпкин т. ыт. юлташсем, курссемпе кружоксенчен ăнăçлă вĕренсе тухнă хыççăн, ĕç нормине 200 процента яхăн тултарса пыраççĕ. Ку—паха тĕслĕх. Анчах кадрсем хатĕрлес тата вĕсен квалификацине ÿстерес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Çĕршыври сĕтел-пукан тăвакан промышленноçра пирĕн комбинат чи пысăк предприятисенчен пĕри шутланать. Кунта пуçарулла рационализаторсемпе изобретательсем сахал мар. Вĕсем çĕнĕрен те çĕнĕ ĕç мелĕсем шыраççĕ, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, наукăпа техникăна пуянлатма тăрăшаççĕ. Анчах вĕсем валли тивĕçлĕ майсем туса паман. Комбинатра техникăлла кабинет çукки нумай пуçарусене, шухăш-туйăмсене тĕрĕслесе пăхма тата пурнăçа кĕртме чăрмантарать. Стахановецсем, рационализаторсемпе изобретательсем техникăлла кабинет уçасси пирки ыйту темиçе хутчен те хускатнă, анчах дирекци çав сĕнĕве пурнăçлама тăрăшмасть.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Çитĕннĕ çынсем хăйсен пĕлĕвне ÿстерме тăрăшнине шута илсе, ĕççыннисене ĕçленĕ вăхăтрах вĕренме каçхи тата заочнăй специальнăй аслă шкулсемпе вăтам шкулсен, çавăн пекех пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсен шутне малалла ÿстерсе пымалла»,—тенĕ. Çак директивăсене комбинатри рабочисем тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Рабочисем, уйрăмах çамрăксем, хăйсен пĕлĕвĕсене ÿстересшĕн, анчах вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ условисем туса паман. Çĕмĕрле хулинче специальнăй вăтам шкул çук. Рабочисен каçхи шкулĕнче 60 çын, заочнăй техникумсемпе аслă шкулсенче пурĕ те 35 çын çеç вĕренеççĕ. Заочно вĕренекенсем питĕ сахал. Завком, дирекци тата комсомол комитечĕ каçхи вăтам шкул ĕçĕпе сахал интересленеççĕ, заочно вĕренекенсен хисепне ÿстерме тăрăшмаççĕ. Кĕркунне чылай çамрăксем каçхи вăтам шкулта вĕренме тытăнчĕç, анчах администраципе обществăлла организацисем вĕренекенсем валли лайăх майсем туса паманнипе чылайăшĕ вĕренме пăрахрĕç.

Техникумсенче тата аслă шкулсенче заочно вĕреннин усине кăтартакан тĕслĕхсем сахал мар. Заочно вĕренекен комсомолка З. Матвеева тата В. Тарашенков юлташсем инженер ĕçне тăваççĕ. С. Кайнов юлташ—цехри механик, В. Давиденко юлташ—цех начальникĕ.

Комбинатра инженерсемпе техниксем вырăнне практиксем, техникăна тĕплĕн пĕлмен çынсем чылай ĕçлеççĕ. Вĕсенчен хăшпĕрисем — пуçарулла руководительсем, хăйсен тавракурăмне ÿстерме тăрăшакан юлташсем. Çав вăхăтрах куллен вĕренмен, çĕнĕ пуçарусене юратман кадрсем те сахал мар-ха. Вĕренме пулăшмасан тата хистемесен çавăн пек руководительсем пурнăçран юлма, юрăхсăр руководителе тухма пултараççĕ. Рабочисен культури тата пуçарулăхĕ хăвăрт аталанса пынă вăхăтра руководительсен ответлăхĕ тата ытларах ÿсет.

Техника ыйтăвĕсем тăрăх конференцисем, канашлусем ирттерни коллективăн творчествăлла вăйне ÿстерме, малта пыракансен опытне сарма лайăх пулăшать. Анчах завкомпа комсомол комитечĕ çак ĕçе пысăка хурса хакламаççĕ. Лекцисемпе докладсем сайра хутра çеç пулкалаççĕ.

Комсомолецсем, çавăн пекех союзра тăман çамрăксем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе, И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕпе хытă интересленеççĕ. 235 комсомолец тата союзра тăман 52 çамрăк тĕрлĕ кружоксенче вĕренеççĕ. Пропагандистсем Скаржевский, Прокопьев тата Бандин юлташсем занятисене интереслă ирттереççĕ. Кружоксенче вĕренекенсен политикăлла активлăхĕ тата ăнланулăхĕ хăвăрт ÿсет. Çав вăхăтрах чылай çамрăксем кружокра та, хăй тĕллĕн те вĕренмеççĕ.

Рабочисене коммунизмла воспитани парасси тата вĕсен тĕрлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтересси ДОСААФ организацийĕ пуçарулла пулнинчен те сахал мар килет. Чылай çамрăксем летчик, мотоциклист, шофер, радист профессийĕсемпе интересленеççĕ. Ĕçе лайăх йĕркелесен çĕршер çамрăк вĕренме пулĕччĕ.

«Красная звезда» спорт обществин председателĕ Баландин юлташ рабочисене общество членне кĕртме тăрăшмасть. Çавăнпа та обществăра пурĕ те 152 çын çеç тăрать. Завком, комсомол комитечĕ тата партбюро физкультурăпа спорт ĕçĕпе сахал интересленеççĕ.

Кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче рабочисем çĕнĕ хаçат-журналсем вуласшăн, çĕнĕ хыпарсем çинчен пĕлесшĕн, радио итлесшĕн, шахмătла е шашкăлла вылясшăн. Çавăнпа вĕсем цехсенчи хĕрлĕ кĕтессене тулли кăмăлпа çÿреççĕ. Пирĕн цехсенче хĕрлĕ кĕтессем пур. IV, V VI-мĕш цехсенче пултарулăх кружокĕсем организациленĕ. Уяв вăхăтĕнче çав кружоксем спектакльсем лартаççĕ, концертсем ирттереççĕ. Анчах хăшпĕр хĕрлĕ кĕтессем план тăрăх ĕçлемеççĕ, рабочисен ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерейменççĕ. Хăшпĕр руководительсем рабочисен культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине хакламаççĕ. Виççĕмĕш цехра лайăх хĕрлĕ кĕтес пурччĕ. Цех руководителĕсем пĕр шикленмесĕрех çав кĕтесе хупрĕç те унта производство уçрĕç.

Эпир кунта рабочисене хумхантаракан хăшпĕр ыйтусем çинче çеç чарăнса тăтăмăр. Общежитисенче, столовăйра, магазинсемпе ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен мастерскойсенче те йĕркелĕх çук. Çав çитменлĕхсем вĕсем рабочисене тухăçлă ĕçлеме, хăйсен культурăлла, политикăлла тата техникăлла пĕлĕвне тăтăшах ÿстерсе пыма чăрмантараççĕ. Чылай рабочисем ĕç нормине тултарманни, комбинат продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание тăтăшах пурнăçламанни, брак пулассине, штурмовщинăна пĕтерменни дирекци, завком тата партбюро производствăна тĕрĕс йĕркелеме, рабочисен творчествăлла пуçарулăхне вăйлатса пыма, социализмла ăмăртăва анлăн сарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнманнине пĕлтереççĕ.

**В. МЫТИКОВ,**
**Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи стахановец.**

# Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе вăйлатмалла

Чăваш республикинчи колхозниксем, Мордва тата Мари республикисенчи ĕççыннисемпе социализмла ăмăртăва тухса, социализмла пысăк обязательствăсем йышăнчĕç. Çав обязательствăсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли çултахри плана кăçалхи ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма палăртнă.

Республикăри хăшпĕр районсем хăйсен обязательствисене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. Шăхасан, Елчĕк, Улатăр, Вăрнар, Тăвай, Калинино, Çĕрпÿ районĕсенчи колхозсем аш-какай памалли çур çулхи плана срокчен тултарчĕç. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе чыслăн пурнăçласа пыракан колхозсем республикăра нумай.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана срокчĕн тултарассишĕн уйрăм сдатчиксем те тăрăшаççĕ. Красноармейскипе Калинино районĕсенчи хăшпĕр колхозсенчи колхозниксен хуçалăхĕсем государствăна аш-какай хатĕрлесе памалли обязательствăсене çурри ытла пурнăçланă. Куславкка районĕнчи Тĕрлемес, Сала, Чашлама, Муркар, Варасăр ял Совечĕсенчи, Етĕрне районĕнчи «Парижская коммуна», Маленков ячĕпе, Буденный ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсенчи колхозниксемпе ытти ĕççыннисен хуçалăхĕсем государствăна сĕт памалли тăвата уйăхри обязательствăна срокчен тултарчĕç.

Çапах, государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе парасси пирĕн республикăра çителĕксĕр пулса пыратьха. Ку тĕлĕшпе Шăмăршă, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕр, Элĕк, Комсомольски, Первомайски, Пăрачкав районĕсем ыттисенчен уйрăмах юлса пыраççĕ. Асăннă районсенче хатĕрлев дисциплинине пăсаççĕ. Ку районсенчи партипе совет тата хатĕрлев органĕсем государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пымалла тăвассишĕн халăх хушшинче сахал ĕçлеççĕ.

Вăрнар районĕнче колхозниксен тата ытти ĕççыннисен хуçалăхĕсенчен чылайăшĕ халĕ те государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçлама тытăнман. Хатĕрлев ĕçне ертсе пырас тĕлĕшпе районти чылай ял Совечĕсен исполкомĕсем нимĕн те тумаççĕ.

Шупашкар районĕнче те хатĕрлев ĕçĕсем юлса пыраççĕ. Уйрăм сдатчиксенчен 58 проценчĕ—аш-какай, 41 проценчĕ—сĕт, 77 проценчĕ—çăмарта памалли обязательствăсене пурнăçлама пачах тытăнман.

Хăшпĕр колхозсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене усăсăр салатса пĕтереççĕ. Парти, совет, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсем вара çавна хирĕç кĕрешмеççĕ. Вăрмар районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозра 3.398 литр сĕтрен государствăна мĕнпурĕ те 132 литр çеç панă. Çав вăхăтрах кунта выльăх-чĕрлĕхе лайăх усрасси çинчен шутламаççĕ, çакна пула кăçал темиçе пуç выльăх вилнĕ. Колхоз председателĕ Захаров юлташ хăй те государство умĕнче парăмлă.

«Большевик» колхозра (председателĕ Филимонов юлташ) суса илнĕ 7.331 литр сĕтрен государствăна 925 литрне кăна панă. «Дружба» колхозра (председателĕ Григорьев юлташ) 6.277 литр сĕтрен государствăна пĕр литр сĕт те паман.

«Маслопром», Чăвашпотребсоюз, республикăри «Заготживсырье» тата «Заготскот» кантурĕсем япăх ĕçлеççĕ. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли плана ăнăçлă тултарма кирлĕ пек тăрăшмаççĕ.

Колхозсенче уйрăм сдатчиксенчен сĕт йышăнмалли пунктсен пурин те январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа ĕçлеме тытăнмалла пулнă. Анчах сĕт йышăнакан нумай пунктсем халĕ те ĕçлеме пуçламан. Пăрачкав, Кувакино, Улатăр, Шăмăршă, Красноармейски, Шăхасан тата Тăвай районĕсенчи колхозсенче ку тарана çитсе те сĕт пуçтаракансене уйăрса лартман.

«Маслопром» тресчĕ кăçал вутă хатĕрлемелли плана 47 процент, турттармалли плана унтан та сахалтарах тултарчĕ. Çавна пула Хĕрлĕ Чутай, Комсомольски, Елчĕк, Çĕмĕрле, Тăвай, Советски районĕсенчи сепаратор пункчĕсем йĕркеллĕ ĕçлеймеççĕ. Вутă çук пирки вĕсем сĕт йышăнма пултараймаççĕ. Елчĕкри çу завочĕ (директорĕ Головин юлташ) вутă пырса парсан кăна колхозсенчен сĕт йышăнать. Шăмăршă, Шăхасан, Чурачăк, Советски тата Вăрмар районĕсенче уйрăм сдатчиксенчен сĕт йышăнас ĕçе пачах йĕркелемен.

Потребительсен кооперацийĕ çăмарта пуçтарма тивĕçлипе тытăнман-ха. Чăвашпотребсоюз колхозсенче тата пасарсенче çăмарта илме тата ăна турттарса тăма хатĕр мар. Çăмарта пуçтаракансем Вăрмар районĕнче 56 çын пулмалла. Халĕ 47 çын кăна ĕçлет. Çĕрпÿ районĕнчи потребительсен союзĕн председателĕ Сафонов юлташ колхозниксенчен çăмарта илесе ĕçе кооперации ĕçĕ мар тесе шутлать.

Государствăна çăмарта памалли плана Шупашкар, Хĕрлĕ Чутай, Шăхасан, Красноармейски, Йĕпреç, Çĕмĕрле, Пăрачкав, Вăрнар районĕсем те тултармаççĕ.

«Заготживсырье» кантурĕ (управляющийĕ Лаврентьев юлташ) иртнĕ çулта хатĕрлев планĕсене нихăш енĕпе те тултармарĕ. Хатĕрлев планĕсене кăçалхи 1-мĕш кварталта та тултарман. Çăм хатĕрлемелли вăхăт çитрĕ, анчах «Заготживсырье» кантурĕ çак ĕçе тума хатĕрленни курăнмасть-ха. Районсенче çăм пуçтаракансене суйласа илмен, вĕсене çăм пахалăхне пăхса илме вĕрентмеççĕ, çăм хумалли складсем хатĕр мар, михĕсем çитмеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçри ответсăрлăхпа йĕркесĕрлĕхе халех пĕтермелле. Хатĕрлев организацийĕсен ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра парса татасси кашни колхозникăн, рабочипе служащин таса тивĕçĕ пулса тăрать. Кÿршĕри тăванла республикăсемпе социализмла ăмăртăва тухса илнĕ обязательствăсене пирĕн чыслăн пурнăçласа пырас пулать. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли плана кашни кварталта, уйăхра тултарса пырассишĕн кĕрешмелле.

**Н. ШАШУРИН.**

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерет: иртнĕ кун хушшинче фронтсенче артиллерирен персе тăнă.

Халăх çарĕн сыранри артиллерийĕ Ким Чак хули патĕнче тинĕс хĕрринче тăшманăн пĕр пăрахутне путарнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен çартаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

# „Рено" завочĕсенчи рабочисем хăйсен прависемшĕн кĕрешеççĕ

ПАРИЖ, майăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Париж çывăхĕнчи Булонь-Бианкурта «Рено» автомобиль завочĕсен 74-мĕш цехĕнчи рабочисем забастовка тунă пирки заводсен дирекцийĕ майăн 6-мĕшĕнчен пуçласа «палăк мар вăхăтчен» мĕнпур цехсемпе мастерскойĕсене хупма йышăннă. Çакăн пек решени йышăннине пула, рабочисемпе служащисем 37 пин çын ĕççĕр тăрса юлаççĕ.

Рабочисене ĕçрен кăларса яма йышăнни «Рено» завочĕсенчи тата Париж районĕнчи автомобильпе машинăсем тăвакан ытти предприятисенчи рабочисене хытă тарăхтарнă. Демократилле хаçатсем çырнă тăрăх, ĕнер каçхине «Рено» завочĕсен цехĕсемпе мастерскойĕсенче массăллă митингсем пулса иртнĕ. Митингсенче тухса калакансем рабочисем хăйсен требованийĕсене тивĕçтерессишĕн малалла та кĕрешме çирĕп шухăш-кăмăллă пулнине кăтартса панă.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер каçхине Булонь-Бианкурта «Рено» завочĕсен мĕнпур çурчĕсене полици йышăннă. «Рено» завочĕсем çывăхĕнчи пур урамсенче те «республикăн хăрушсăрлăх отрячĕсем» текенскерсем тата полицейскисем тăраççĕ. Заводсем патне ирттерсе ямаççĕ, урамсенче çӳреме чарнă. «Пари пресс-энтрансижан» хаçат çапла çырать: администраци «Рено» завочĕсенче ĕçлекенсене «уйрăмшарăн чĕнсе» ĕçе тухма сĕнет. Анчах рабочисем çавăн пек сĕнĕве йышăнмаççĕ, хăйсем забастовка тăвакан рабочисемпе пĕр шухăшлă пулнине пĕлтереççĕ.

# ФРАНЦИРИ МУНИЦИПАЛИТЕТСЕН СУЙЛАВĔ ХЫÇÇĂН

### ФРАНЦИ ХАÇАЧĔСЕМ ДЕ ГОЛЛЬ СĂМАХĔ ÇИНЧЕН

ПАРИЖ, майăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Парижра тухакан хаçатсем «Франци халăхĕн пĕрлешĕвĕ» текен партин пуçлăхĕ де Голль ĕнер тухса калани пирки нумай çыраççĕ. Де Голль хăйĕн сăмахĕнче çак парти малашне текех нимĕнле суйлавсене те хутшăнмасть, тесе пĕлтернĕ. Çак партин Наци пухăвĕнчи тата республика совечĕнчи ушкăнĕсене салатса ямалла тунă. Деголлевецсен партийĕнчен суйланнă депутатсем парламентри ĕçсене партин официальнăй представителĕсен ячĕпе мар, хăйсен ячĕпе кăна хутшăнма пултараççĕ. Çакăнтан пуçласа малашне «Франци халăхĕн пĕрлешĕвĕ» текен парти, де Голль каланă тăрăх, парламент тулашĕнче кăна ĕçлесе тăрать.

Францири буржуалла хаçатсем пурте: де Голль çакăн пек пĕлтерни вăл—унăн партийĕ муниципалитетсен суйлавĕнче поражени тӳснине йышăнни пулать, тесе çыраççĕ.

«Юманите» хаçат çакна палăртать: де Голль тухса калани «Франци халăхĕн пĕрлешĕвĕ» текен парти поражени тӳснине йышăнни пулать. Кунсăр пуçне çакă вăл Францире фашизм хăрушлăхне пытарас тĕллев тытни пулать... Правительство политики халăхăн чи анлă сийĕсене тарăхтарса çитернĕ вăхăтра демагогилле маневр тума лайăх пултăр тесе, хальхи вăхăтра де Голль политикăран пăрăнать. Вăл çакна шанса тăрать: халăх тарăхăвĕ çакăн пек вăйланса çитес пулсан, çак тарăху вăл ăна çуратса кăларнă политикăна хирĕç мар, парламент режимне хирĕç пулать. Ун чухне вара,—тесе шутлать де Голль,—хăйĕн вăхăчĕ çитет.

Генерал де Голль планĕсене аркантарса ямалли чи лайăх меслет вăл, тесе çырать хаçат, хальхи политикăна улăштарасси, ирĕклĕх, нацин никама пăхăнманлăх, мир, социальнăй прогресс политики тытса пырасси пулать.

# Араб государствисен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ

ЛОНДОН, майăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Каиртан çапла пĕлтерет:

«Каир хулинче майăн 7-мĕшĕнче араб государствисен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ уçăлать. Канашлу Египет ют çĕршыв çарĕсене хăйĕн территорийĕнчен илсе тухма хартнă требованийе, мирласси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухать. Куита пĕлтернĕ тăрăх, канашлăва Египет ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Махмуд Фавзи председатель пулса ертсе пырать. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем канашлăвĕсене Египетран кăларса ярас ыйтăва сӳтсе явасçĕ».

Канашлăва Ирак, Трансиордани, Сири, Йемен, Сауд Аравийĕ тата Ливи ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем хутшăнаççĕ.

# Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, майăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран Корейăпа Китай делегацийĕ паян пичетлесе кăларнă çакăн пек пĕлтерĕве ярать:

Пирĕн енĕн делегацийĕсем майăн 7-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче Корейăпа Китай енĕ Корейăра вăрçă ĕçĕсене чарса лартмалла тăвас тĕлĕшпе тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса пама çĕнĕрен тепĕр конструктивлă утăм тунă. Тепĕр енĕ хирĕç тăнă пирки Корейăра перемири тăвасси каллех йывăрлăх умне тухса тăма пултарать, пĕтĕм тĕнчери халăхсем Корейăра перемири тăвасса кĕтсе тăни каллех пурнăçа кĕмесĕр юлма пултарать. Мĕншĕн тесен тепĕр енĕ тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене Корейăра хăвармалла тăвасшăн тата вĕсене вăхăтлăха нейтральнăй государство пăхса тăмалла тăвасшăн тăрать. Çавăнпа та Корейăпа Китай енĕ, çийĕнчех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна ямалли çинчен апрелĕн 26-мĕшĕнче хăй панă сĕнĕве тепĕр хут тăратма пултарни çинчен пĕлтерсе, тепĕр енĕ малтанлăха кăларса тăратнă условисем пирки калаçса татăлассине çăмăллатас шутпа çĕнĕ сĕнӳсем панă.

Майăн 7-мĕшĕнчи ларура генерал Нам Ир çапла пĕлтернĕ:

Тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисен кун-çулĕ çинчен тăракан ыйтăва татса памалла тăвас тĕлĕшпе пирĕн енĕ апрелĕн 26-мĕшĕнче панă сĕнӳ тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăна илсе каймалла тăвассине шута илет. Анчах та юлашки 10 кун хушшинче пулса иртнĕ калаçусем çакна кăтартса пачĕç: сирĕн енĕ эпир малтанлăха кăларса тăратнă условисене шута илесшĕн мар, чи малтанах, нейтральнăй государство кандидатури çинчен тăракан ыйтăва татса памалла тăвассишĕн тăрать, çапла вара тепĕр енĕ малтанлăха кăларса тăратнă условисене пурнăçа кĕртме хăтланать. Тепĕр енĕн шучĕпе тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене Корейăрах хăвармалла пулать, унта вара вĕсене нейтральнăй государство хăйĕн опекине илет пулать.

Пирĕн енĕ тăратнă сĕнӳ тăрăх, тӳрех репатриаци туман Корейăпа Китай салтакĕсене нейтральнăй государствăна илсе каймалла, вĕсене сирĕн енĕн контролĕнчен хăтармалла, вĕсене çав нейтральнăй государствăн хăйĕн опекине илмелле. Каярахпа пирĕн енĕ нейтральнăй государствăна янă çынсем вĕсене ăнлантарса панă хыççăн, вĕсем иккĕленсе тăрасси пĕтет, вара хăйсен шухăш-кăмăлне палăртма пултараççĕ. Çакăн хыççăн нейтральнăй государство влаçĕсен хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулнă тыткăнри çар çыннисене пурне те тавăрса памалла. Сирĕн сĕнӳ тăрăх, тӳрех репатриаци туман çар çыннисем вĕсене тыткăна илнĕ енĕн контролĕнче тăракан районта юлмалла. Паллă ĕнтĕ, çакăн пек тӳса хуни вăл вĕсене тыткăна илнĕ енĕн контролĕнчен пĕтĕмпех хăтăлса çитме май памасть. Тата та ытларах, нейтральнăй государство тыткăнри çар çыннисене хăйĕн опекине илес ĕçре тыткăна илнĕ енĕн районĕнче пысăк йывăрлăх пулма пултарать, мĕншĕн тесен, эсир каланă тăрăх, тыткăнри çынсем питех те нумай. Çав вăхăтрах тата ĕçсем çакăн пек пулса тăни тивĕçлĕ çĕршывсем енчен кирлĕ пек ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме май памасть. Çӳлте асăннă икĕ сĕнӳрен пирĕн енĕ тăратнă сĕнӳ Женевăра 1949 çулта йышăннă конвенци принципĕсемпе тата тĕнчери практикăпа ытларах килĕшсе тăрать. Пирĕн сĕнӳ тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен тăракан ыйтăва тĕрĕс татса пама пулăшма пултарать.

Анчах та юлашки 10 кун хушшинче пулнă калаçусенче эсир çине тăрса хăвăр малтанлăха кăларса тăратнă условисене йышăнтарасшăн пултăр. Сирĕн условисем тăрăх, тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисем Корейăрах юлмалла, вĕсене унта нейтральнăй государство хăйĕн опекине илет пулать. Эсир çакăн пек хирĕçнипе Корейăра перемири тăвас ĕçре каллех чăрмав тухса тăма пултарать, мĕншĕн тесен тĕрлĕ ĕçсемпе процедура çинчен тăракан ыйту тухса тăрать. Корейăра хăйсен ывăлĕсем çапăçакан икĕ енĕн халăхĕсем тата пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсем Корейăра перемири пулма пултарасси çинчен ĕмĕтленсе тăни çавăн пирки путланса ларма пултарать. Çакăнта калаçусене шута илсе, эпĕ çапла пĕлтеретĕп: пирĕн енĕ апрелĕн 26-мĕшĕнче панă сĕнĕве тепĕр хут тăратма пултарни çинчен каласа, эпир çакăн пек сĕнӳсем кăларса тăратăпăр:

Эпир сирĕн енĕ малтанлăха кăларса тăратнă условисене йышăнма хăтланса пăхăпăр. Сирĕн условисем тăрăх, тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисем хальхи вăхăтра ăçта тăраççĕ, çав вырăнсенчех юлмалла тата вĕсене нейтральнăй государство аллине памалла пулать. Нейтральнăй государствăн вара тыткăнри çынсене репатриацилес тĕлĕшпе ĕçлемелле.

Эпĕ çакна кăтартса пама тивĕç: эпир апрелĕн 26-мĕшĕнче панă сĕнӳ, çĕнĕрен тăратакан сĕнӳпе танлаштарсан, лайăхрах. Пирĕн çĕнĕ сĕнӳ çакăн пек пулать:

1. Перемири çинчен тунă килĕшӳ вăй илнĕ хыççăн икĕ уйăх хушшинче хăйсен тăван çĕршывне каялла таврăнасшăн пулнă тыткăнри мĕнпур çар çыннисене, вĕсем хăш çĕршыв çыннисем пулаççĕ, çав çĕршывсене нимĕн чăрмавсăр ушкăнăн-ушкăнăн тавăрса памалла. Ку ĕçе перемири çинчен тăвакан килĕшĕвĕн 3-мĕш статьинчи 51-мĕш параграф тăрăх тата икĕ енĕ пĕр-пĕринпе улăштарса илнĕ тата икĕ енĕ те тĕрĕслесе тухнă списоксем тăрăх туса ирттермелле.

2. Тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне тавăрăнмалла тăвас шутпа, икĕ енĕ те репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси туса хума килĕшеççĕ. Комиссие пилĕк нейтральнăй государство представителĕсем кĕмелле. Комиссие перемири çинчен тунă килĕшĕвĕн 2-мĕш статьинчи 37-мĕш параграфĕнче палăртса хунă Польша, Чехословаки, Швейцари, Швеци представителĕсем, тата икĕ енĕ килĕшсе татăлнă тăрăх, Инди уйăрнă представитель кĕмелле. Çав государствăсем уйăракан представительсен хисепĕ пĕр тан пулмалла.

3. Икĕ енĕн тыткăнри çар çыннисене пурне те (тӳрех репатриаци тăвакан çар çыннисемсĕр пуçне), çак сĕнĕвĕн 1-мĕш параграфĕнче палăртса хунă пек, вĕсене хăйĕн аллинче тытса тăракан енĕ хальхи вăхăтра хăш вырăнта тытса тăрать, çав вырăнтах вĕсене тыткăна илнĕ енĕн çар контролĕпе попеченийĕнчен хăтармалла, çак сĕнĕвĕн 2-мĕш параграфĕ тăрăх, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси аллине памалла. Çав комисси вĕсене хăйĕн аллине илет. Нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссин хăйĕн законлă ĕçĕсене пурнăçлама тата тыткăнри çар çыннисене хăйĕн контролĕнче тытса тăма кирлĕ пек власть пулмалла, мĕншĕн тесен, тыткăнри çар çыннисем вăхăтлăха çак комисси юрисдикцийĕнче пулаççĕ. Комисси хăйĕн прависене тивĕçлипе пурнăçлама пултартăр тесен, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси членĕсен—асăннă çĕршывсен кашнин пĕр тан виçе чухлĕ хĕçпăшаллă вăйсем тăратмалла.

4. Нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин, тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене хăйĕн попечение илсе йышăннă хыççăн, çийĕнчех çакăн пек тума май паракан ĕçсене пурнăçлама тытăнмалла: нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси тыткăнри çар çыннисене йышăнса илнĕ хыççăн, малтанах палăртса хунă тăрăх 4 уйăх хушшинче, çак тыткăнри çар çыннисем хăш çĕршыв çыннисем пулаççĕ, çав çĕршывсен представителĕсене тыткăнри çар çыннисем хушшинче, вĕсене тытса чарнă вырăнсенче, ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме пыма кирлĕ майсем туса памалла. Çак представительсен тыткăнри çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне таврăнас тĕлĕшпе çыхăнса тăракан мĕнпур ĕçсем çинчен, уйрăмах, вĕсен хăйсен тăван килне таврăнса мирлĕ ĕçе тытăнма тулли право пурри çинчен ăнлантарса памалла, çапла вара вĕсем вырăнсăр иккĕленсе, хăраса тănине пĕтермелле.

5. Нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси тыткăнри çар çыннисене хăйĕн попечение илсе йышăннă хыççăн тата çак çар çыннисем хушшинче хăйсене тивĕçлĕ çĕршывсем кирлĕ пек ăнлантару ĕçĕсем туса ирттернĕ хыççăн, 4 уйăх хушшинче нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссин хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулнă мĕнпур çар çыннисене хăвăртрах хăйсен тăван çĕршывне таврăнма кирлĕ майсем туса памалла. Тепĕр енĕн ку тĕлĕшпе хăйсен тăван çĕршывне таврăнас текенсене нихăш енчен те чăрмантарса тăни пулмалла мар. Çакнашкал çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе çыхăнса тăракан административлле ĕçсене нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссипе икĕ енĕ хушшинче консультаци ирттернипе татса памалла.

6. Çак сĕнĕвĕн 4-мĕшпе 5-мĕш параграфĕсенче палăртнă пек, 4 уйăх хушши вăхăт иртнĕ хыççăн та нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси аллинче тыткăнри çар çыннисем татах та юлас пулсан, вĕсен кун-çулне политикăлла конференцире килĕшнипе татса памалла. Ку конференцие пухас пирки перемири çинчен тăвакан килĕшĕвĕн 4-мĕш статьинчи 60-мĕш параграфра палăртса хунă.

7. Тыткăнри çар çыннисене нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси опекинче тытса тăнă вăхăтра тухакан мĕнпур расходсене, вăл шутра тыткăнри çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне тавăрса панă чухне тухакан расходсене çак çар çыннисен тăван çĕршывĕ пулса тăракан государствăсен хăйсем çине илмелле.

8. Çак сĕнӳри условисем çинчен тата унпа çыхăнса тăракан мероприятисем çинчен тыткăнри мĕнпур çар çыннисене пĕлтермелле.

* * *

Корейăпа Китай делегацийĕ тăратнă çĕнĕ сĕнӳле тĕплĕн паллашма вăхăт пултăр тесе, тепĕр енĕ ларăва майăн 9-мĕшĕнчи 11 сехетчен чарса лартма сĕннĕ. Корейăпа Китай делегацийĕ çакăнпа килĕшнĕ.

# Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн бюровĕ пĕлтерни

СТОКГОЛЬМ, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн бюровĕ хаçатсенче пичетлеме Стокгольмра бюро ларăвĕ пулса иртни çинчен пĕлтерипе панă.

Пĕлтерӳре çапла каланă:

«1953 çулхи майăн 5—6-мĕшĕсенче Стокгольмра Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн бюровĕн ларăвĕ пулса иртнĕ.

Бюро Пĕтĕм тĕнчери комисси мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ халăхсен Конгресĕ чĕнсе каланине мĕнпур правительствăсене ярса панине ырлать. Çак чĕнӳре пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума кирли çинчен каланă.

Бюро пĕтĕм кăмăлтан çакна палăртать: çакăн çинчен пур çĕршывсенче те анлăн сӳтсе яваççĕ. Бюро мĕнпур çĕршывсенчи общественноса çак чĕнĕве ырласа йышăнма чĕнет. Бюро тепĕр хут çапла çирĕплетсе калать: ыйтусене мирлĕ майпа татса парасси вăйпа усă курса татса парассине çĕнтермелле.

Бюро çакна палăртать: миршĕн кĕрешекенсем чылай çулсем хушши сарса пынă чăнлăх тата вĕсем пуçарса, пулăшса пынă тĕрĕслĕхлĕ ĕç хăйĕн çимĕçĕсене пама пуçларĕ. Çĕнĕ лару-тăру пулса тăчĕ. Çакна май хамăрăн вăйсене тата ытларах ӳстерсе кĕрешмелле.

Юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисем хыççăн калаçусем ирттермелли идея ытларах та ытларах саралать, çĕнĕрен миллионшар çынсем çак идейăна йышăнаççĕ. Çак событисем акă мĕн çинчен калаççĕ: халăхсем хăйсен вăйĕпе тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма пултараççĕ. Çакă вăл вĕсене ырлăх кӳрет, вĕсемшĕн малалла чочекленсе пымалли çăлкуçĕ пулса тăрать.

Корейăра калаçусем тепĕр хут пуçланчĕç. Халăхсен çакăншăн кĕрешес пулать: çак калаçусем хăвăртрах перемири тăвасси патне илсе çитерме, хирĕçĕве татса пама пултарччăр, мĕншĕн тесен çак хирĕçӳ халăхсене пысăк хĕн-хур кӳрет, пĕтĕм тĕнчене сарăлма пултарать.

Мире сыхласа хăварас тесен, çавăн пекех тата Германи ыйтăвне татса пани кирлĕ. Ăна мирлĕ майпа татса пама тăватă аслă держава хушшинче калаçусем пуçласа ямалла. Тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассине хирĕç уссăн тата вăрттăн кĕрешекен вăйсем те пур. Анчах мирлĕ пурнăçа юратакан çынсен ырă шухăшĕ тата сыхлăхĕ çак вăйсене çĕмĕрсе тăкма пултарать. Мире юратакан çав çынсем калаçусене нумай вăхăта яма е путлантарса лартма пăхакан çынсен мĕнпур каварĕсене хирĕç тăраççĕ. Вĕсем хăйсен правительствисенчен калаçусем пуçлама, вĕсене ăнăçлă вĕçлемелле тума ыйтаççĕ.

Калаçусем пуçласа яма пулăшакан çĕнĕ майсем тупмалла тăвас тата мире хӳтĕлес ĕçе мĕнпур çынсене, калаçусем ирттерме кирлине тата ирттерме май пулнине ăнласа илме пуçланă çынсене, хутшăнтармалла тăвас шутпа, 1953 çулхи июнĕн 15-мĕшĕнче Будапешт хулинче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессине пухма Бюро решени йышăнчĕ.

Тĕнчери халăхсен пурнăçĕнче юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисене шута илсе, ĕçсем кирек мĕнле килсе тухсан та, сесси уйрăмах калаçусем ирттернипе йышăннă решенисем çĕнтермелле тăвасси çине пăхĕ. Сесси ĕçĕ тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма, халăхсем хушшинче хăрушсăрлăх туса хума, халăхсен никама пăхăнманлăхне хисеплемелле тума пулăшĕ.

Стокгольм, 1953 çулхи майăн 6-мĕшĕ».

# Профсоюз обкомĕн бюджечĕ

Пирĕн республикăра вăрман промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен чылай рабочисем кашни çулах курортсемпе санаторисенче, канмалли çуртсенче нумай пулаççĕ. Çак кунсенче кăна республикăри вăрман хатĕрлекенсем 20 çын курортсемпе санаторисене тухса кайрĕç.

Вăрман хатĕрлекен тата сулă юхтаракан рабочисен профсоюз обкомĕ хăйĕн бюджетĕнчен кăçал пĕр миллион та çĕр пин тенкĕ профсоюз членĕсен сывлăхне сыхлас ĕçе валли пама пăхнă. Рабочисемпе служащисен ачисем валли пионер лагерь уçаççĕ. Çавна валли 190 пин тенкĕ, физкультурăпа спорт ĕçĕ валли—50 пин тенкĕ уйăрса панă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

# СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем

## (1951 çулхи кăларăм)

### 3-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан

## СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи майăн 3-мĕшĕнче Куйбышев хулинче пулнă.

Таблицăра 100 тенкĕлĕх облигацисем çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине выляса илнĕ облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур 342 разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 100177 | 1—50 | 200 | 110146 | 09*) | 1.000 |
| 100406 | 44*) | 1.000 | 110714 | 44*) | 1.000 |
| 100483 | 40*) | 1.000 | 111024 | 1—50 | 500 |
| 100586 | 1—50 | 200 | 111145 | 1—50 | 200 |
| 100695 | 34*) | 1.000 | 111156 | 03*) | 1.000 |
| 100717 | 50*) | 1.000 | 111194 | 28*) | 1.000 |
| 100805 | 14*) | 1.000 | 111246 | 14*) | 1.000 |
| 100994 | 1—50 | 200 | 111251 | 45*) | 1.000 |
| 101045 | 1—50 | 200 | 111285 | 1—50 | 500 |
| 101289 | 1—50 | 500 | 111751 | 14*) | 5.000 |
| 101332 | 19*) | 1.000 | 111778 | 04*) | 1.000 |
| 101340 | 01*) | 1.000 | 111793 | 34*) | 1.000 |
| 101515 | 1—50 | 500 | 112091 | 10*) | 1.000 |
| 101573 | 38*) | 1.000 | 112147 | 1—50 | 200 |
| 101934 | 44*) | 5.000 | 112202 | 25*) | 1.000 |
| 102031 | 46*) | 1.000 | 112369 | 17*) | 1.000 |
| 102044 | 26*) | 1.000 | 112423 | 1—50 | 500 |
| 102091 | 44*) | 1.000 | 112434 | 21*) | 1.000 |
| 102139 | 07*) | 25.000 | 112776 | 1—50 | 200 |
| 102338 | 48*) | 1.000 | 112783 | 1—50 | 200 |
| 102348 | 42*) | 1.000 | 112808 | 1—50 | 200 |
| 102377 | 1—50 | 500 | 112814 | 40*) | 1.000 |
| 102624 | 11*) | 1.000 | 112995 | 19*) | 5.000 |
| 102633 | 1—50 | 500 | 113059 | 40*) | 1.000 |
| 102738 | 25*) | 1.000 | 113081 | 04*) | 1.000 |
| 102760 | 05*) | 1.000 | 113426 | 05*) | 1.000 |
| 103204 | 22*) | 1.000 | 113669 | 24*) | 1.000 |
| 103254 | 1—50 | 500 | 113749 | 1—50 | 200 |
| 103263 | 1—50 | 500 | 113761 | 08*) | 10.000 |
| 103353 | 1—50 | 200 | 113941 | 04*) | 1.000 |
| 103436 | 1—50 | 200 | 114019 | 07*) | 1.000 |
| 103621 | 25*) | 1.000 | 114185 | 1—50 | 500 |
| 103853 | 46*) | 1.000 | 114247 | 1—50 | 500 |
| 104113 | 46*) | 1.000 | 114248 | 1—50 | 200 |
| 104346 | 1—50 | 200 | 114277 | 37*) | 1.000 |
| 104411 | 1—50 | 200 | 114391 | 1—50 | 200 |
| 104447 | 27*) | 1.000 | 114458 | 15*) | 1.000 |
| 104465 | 12*) | 10.000 | 114629 | 21*) | 1.000 |
| 104552 | 30*) | 1.000 | 114636 | 1—50 | 200 |
| 104579 | 01*) | 1.000 | 114835 | 32*) | 1.000 |
| 104580 | 1—50 | 500 | 114867 | 28*) | 1.000 |
| 104596 | 26*) | 1.000 | 115136 | 43*) | 1.000 |
| 104605 | 1—50 | 500 | 115162 | 1—50 | 200 |
| 104719 | 1—50 | 200 | 115630 | 39*) | 1.000 |
| 104930 | 21*) | 1.000 | 115853 | 45*) | 1.000 |
| 104958 | 1—50 | 500 | 115858 | 1—50 | 200 |
| 105198 | 02*) | 1.000 | 115962 | 1—50 | 200 |
| 105535 | 1—50 | 200 | 116028 | 42*) | 1.000 |
| 105600 | 1—50 | 200 | 116055 | 1—50 | 500 |
| 105621 | 31*) | 1.000 | 116067 | 17*) | 1.000 |
| 105906 | 08*) | 1.000 | 116073 | 1—50 | 200 |
| 105977 | 09*) | 1.000 | 116224 | 1—50 | 200 |
| 106040 | 42*) | 1.000 | 116349 | 1—50 | 200 |
| 106068 | 1—50 | 200 | 116434 | 1—50 | 200 |
| 106155 | 1—50 | 200 | 116473 | 1—50 | 200 |
| 106592 | 1—50 | 200 | 116533 | 1—50 | 200 |
| 106938 | 21*) | 1.000 | 116578 | 1—50 | 500 |
| 107138 | 23*) | 5.000 | 116615 | 06*) | 1.000 |
| 107153 | 29*) | 1.000 | 116658 | 1—50 | 500 |
| 107223 | 29*) | 1.000 | 116696 | 1—50 | 200 |
| 107249 | 13*) | 1.000 | 116815 | 48*) | 1.000 |
| 107291 | 21*) | 1.000 | 116909 | 50*) | 10.000 |
| 107528 | 34*) | 1.000 | 116921 | 32*) | 1.000 |
| 107633 | 05*) | 5.000 | 116922 | 28*) | 1.000 |
| 107910 | 36*) | 1.000 | 116956 | 1—50 | 200 |
| 107956 | 1—50 | 200 | 116980 | 25*) | 1.000 |
| 107990 | 1—50 | 500 | 117132 | 41*) | 1.000 |
| 107999 | 30*) | 5.000 | 117292 | 45*) | 1.000 |
| 108364 | 1—50 | 200 | 117300 | 29*) | 1.000 |
| 108574 | 05*) | 1.000 | 117371 | 02*) | 1.000 |
| 108670 | 13*) | 1.000 | 117392 | 1—50 | 200 |
| 108828 | 49*) | 1.000 | 117481 | 11*) | 1.000 |
| 108857 | 15*) | 1.000 | 117520 | 08*) | 1.000 |
| 108892 | 1—50 | 200 | 117638 | 1—50 | 200 |
| 108973 | 18*) | 10.000 | 117764 | 1—50 | 200 |
| 108988 | 45*) | 10.000 | 117823 | 27*) | 1.000 |
| 109033 | 21*) | 1.000 | 117908 | 05*) | 1.000 |
| 109229 | 1—50 | 200 | 117973 | 09*) | 5.000 |
| 109316 | 41*) | 1.000 | 118178 | 46*) | 1.000 |
| 109421 | 1—50 | 500 | 118239 | 31*) | 1.000 |
| 109449 | 1—50 | 200 | 118303 | 1—50 | 200 |
| 109453 | 15*) | 1.000 | 118477 | 23*) | 1.000 |
| 109458 | 22*) | 1.000 | 119000 | 45*) | 1.000 |
| 109518 | 39*) | 1.000 | 119103 | 11*) | 1.000 |
| 109561 | 23*) | 1.000 | 119112 | 1—50 | 200 |
| 109644 | 02*) | 5.000 | 119256 | 1—50 | 200 |
| 109731 | 1—50 | 500 | 119543 | 10*) | 1.000 |
| 109852 | 01*) | 1.000 | 119634 | 1—50 | 200 |
| 109989 | 45*) | 1.000 | 119648 | 39*) | 1.000 |
| 110129 | 10*) | 1.000 | 119762 | 28*) | 5.000 |
| 110134 | 14*) | 1.000 | 119988 | 02*) | 5.000 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

# ĔНЕ НĂРРИСЕНЕ ПĔТЕРĔР!

**Колхозниксемпе колхозницăсем, выльăх-чĕрлĕх фермисемпе пулăшуллă хуçалăхсенче ĕçлекенсем, ĕне усракансем!**

Фермăсенчи тата килти ĕнесене, пăрусене, вăкăрсене ĕне нăрринчен тасатăр. Выльăхсен тирĕ айĕнче ĕне нăррин пĕр хуртне те ан хăварăр.

Ĕне нăррисен хурчĕсем, ĕне ӳтне кĕрсе, унта 10 уйăх хушши пурăнаççĕ. Вĕсем çав вăхăтра выльăх ӳтĕнчи сĕткенпе тăранаççĕ, хăйсем пĕрмаях яд кăларса выльăха чирлеттереççĕ.

Ĕне нăррин кашни хурчĕ, ăна вĕлермесен, ĕне е пăру çурăмĕ çинче тир айĕнче пурăнса, тире шăтарать, какайне тата тирне пăсать, пахалăхне чакарать. Ӳссе çитнĕ хурт, выльăх тирĕнчи шăтăкран тухса ӳксе, вĕçсе çӳрекен нăрă пулать. Ама нăрă, 7—10 кун пурăнса, ĕне выльăх çăмĕ çине 500—800 çăмарта хурать. Çав çăмартасенчен, 3—7 кун иртсен, ĕне нăррин хурчĕсем тухаççĕ, вĕсем выльăх ӳтне кĕрсе каллех унăн сĕткенне ĕмме тытăнаççĕ, çапла 10 уйăх хушши пурăнаççĕ.

Çуллахи шăрăх кунсенче час-часах ĕнесем вĕççе çӳрекен шăна-нăрăран тарса чупса çӳреççĕ. Вĕсем, кĕтӳçсем чарнине пăхмасăр, вăрмансемпе вĕтлĕхсене чупса кĕреççĕ, çиллисене, куçĕсене е ӳт-пӳри урăх вырăнсене амантаççĕ. Ун пек чухне ĕнесем, хăвăртрах шыва кĕрсе тăрас тесе, чăнкă çырантан е çырмана сикни те, кĕтӳрен киле тарса килни те пулать.

Шăна-нăрă аптратнине пула ĕнесем лайăх курăк çинче те лăпкăн çӳремеççĕ, кĕтӳрен тараççĕ, витаминпа тата минераллă япаласемпе пуян апат çимен пирки, ырханланаççĕ, сĕт нумай чакараççĕ.

Çакна астăвăр: колхозсен фермисенчи ĕнесен нăррисене çеç мар, çав вăхăтрах колхозниксен, килĕсенчи тата ытти хуçалăхсенчи ĕнесен нăррисене те пĕтермелле. Ĕне нăррисене пĕтерес ĕçе пĕтĕм районĕпе, пĕтĕм республикипе организацилемелле. Хăшпĕр хуçалăхсенче ĕне нăррисене пĕтермесен, вара ĕç ăнăçлăхĕ çителĕксĕр пулать.

Иртнĕ çулта ДДТ препарата çупа ирĕлтерсе ĕнесен тирĕ çине сĕрнĕ, çавна май ĕнесем çинче нăрă хурчĕсем пуласси чылай чакнă. Мĕнпур ĕне выльăхсене пĕр вăхăтра нăрă хурчĕсенчен тасатсан, вара пирĕн халăх хуçалăхне пысăк сиен кӳрекен ĕне нăррисене пĕтĕмпех пĕтерсе çитерме пулать.

Пирĕн Совет государстви, чирсемпе кĕрешессине пысăк вырăна хурса, ĕне нăррисене пĕтерессине те питĕ кирлĕ ĕç тесе шутлать, ку ĕçе организацилеме пур майсемпе те пулăшать. Малта пыракан нумай хуçалăхсем, малта пыракан хăшпĕр районсем те ĕне нăрри сиен кӳнинчен тахçанах хăтăлнă.

Зооветучастоксемпе зооветпунктсенчи ветеринари специалисчĕсемпе зоотехниксенчен ĕнесене нăрă хурчĕсенчен тасатассине организацилеме ыйтăр. Ĕне нăррин хурчĕсем пурăнакан мĕкĕлсем март уйăхĕн вĕçĕнче тата апрель уйăхĕнче курăнма пуçлаççĕ. Çав вăхăтра нăрă хурчĕсене пĕтерме выльăхсене ДДТ препаратпа сĕрес пулать. Препаратпа сĕрсен хуртсем мĕкĕл ăшĕнчех вилсе пĕтсе лараççĕ. Малтанхи хут препаратпа сĕрнĕ хыççăн 20—30 кун иртсен, çĕнĕрен ӳссе пыракан мĕкĕлсем пуррипе çуккине пĕлме, ĕнесене тепĕр хут пăхса тухмалла. Ун пек мĕкĕлсем пулсан, выльăхсене тепĕр хут препаратпа сĕрмелле пулать. Хăшпĕр чухне виççĕмĕш хут та сĕрмелле килет.

ДДТ препарата выльăхсен тирĕ çине сĕрме çапла хатĕрлеççĕ: ДДТ препарата соляровăй çу çине ярса ирĕлтереççĕ. Икĕ çул таранхи выльăхсемпе сăвакан ĕнесене сĕрме 4 процентлă шĕвек, икĕ çултан иртнĕ выльăхсене (сăвакан ĕнесемсĕр пуçне) сĕрме 5 процентлă шĕвек тăваççĕ. Çуне 60—70 градус таран ăшăтаççĕ, вара унта ДДТ препарата пĕчĕккĕн ярса пăтратаççĕ, пĕтĕмпех ирĕлтереççĕ.

Çапла хатĕрленĕ шĕвеке 26—30 градус таран сивĕтеççĕ те ĕне çурăмĕ çинчи мĕкĕлсем çине пĕр тикĕс сĕреççĕ, унтан щеткăпа 5 минутран ытла мар сăтăраççĕ. Çамрăк выльăха е сăвакан ĕнене пĕр хут сĕрме 4 процентлă шĕвек 100 грамран ытла мар, ытти выльăхсене сĕрме—5 процентлă шĕвек 150 грамран ытла мар кирлĕ.

Сĕрмелли шĕвек хатĕрлес тата выльăхсен тирĕ çине сĕрес ĕçе ветеринари врачĕ е опытлă фельдшер ертсе пынипе тумалла. Ку ĕçе тунă чухне асăрханса ĕçлемелле: выльăхсен ӳтне пĕçертсе яни, выльăхсем тата çынсем ДДТ препаратран сиен курни ан пултăр. Препарата пĕр-пĕр çуртра, хупă савăтра, урăх çынсем пырса тĕкĕнмен вырăнта усрамалла.

**Ветврачсем, ветфельдшерсем тата зоотехниксем!**

Ĕне выльăхсен нăрă хурчĕ пуррине пур хуçалăхсенче те тĕрĕслесе тухрăр-и? Колхоз фермисенчи, çавăн пекех колхозниксен тата ытти çынсен килĕсенчи выльăхсене пурне те ДДТ препаратпа сĕрмелле турăр-и? Хăвăр тунă ĕç результатне тĕрĕслесе тухăр. Шутласа пăхăр: ĕне нăррин хурчĕ ернĕ выльăхсен шучĕ кăçал чакнă-и? Çав хурт ернĕ ĕнесен шучĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, чакнă-и е хушăннă?

Астăвăр: ĕне выльăхсене ĕне нăрринчен хăтарасси эсир, специалистсем, ку ĕçе тăрăшса организациленинчен килет. Ĕне нăррине пĕтерессия — государствăшăн кирлĕ пысăк ĕçсенчен пĕри. Ĕне нăррине пĕтерни выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме, промышленность валли каякан чĕртавар пахалăхне лайăхлатма, çапла вара халăха валли паха тавар ытларах туса хатĕрлеме пулăшать.

ЧĂВАШ АССР ЯЛХУÇАЛĂХ МИНИСТЕРСТВИН ВЕТЕРИНАРИ ПАЙĔ.

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — майăн 9-мĕшĕпе 10-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине «Вей, ветерок». Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхине — 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

*КИНО*

«РОДИНА»—майăн 9-мĕшĕнче 12, 14, 16 сехетре пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм; 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «Весна в Москве».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

ИТ 01378 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.